*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 14 (20147) • Юнкун, 1990 çулхи январĕн 17-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## КПСС Центральнăй Комитечĕн Россия бюровĕнче

Январĕн 15-мĕшĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Россия бюровĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ку бюрона КПСС Центральнăй Комитечĕн 1989 çулхи декабрьти Пленумĕнче йĕркеленĕ. Ларăва М. С. Горбачев председатель пулса ертсе пынă. Хăйĕн задачисемпе — КПСС политикине реализацилеме РСФСРти облаçсенчи тата крайсенчи парти организацийĕсен ĕçĕ-хĕлне координацилемелли, парти съездĕсен тата конференцийĕсен, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсемпе Политбюровĕн решенийĕсене мĕнле пурнăçласа пынине контроллесе тăмалли задачăсемпе килĕшӳллĕн, Россия бюровĕ республикăри парти организацийĕн ĕçĕ-хĕленчи хăшпĕр çивĕч ыйтусене пăхса тухнă. Ларăва КПСС крайкомĕсемпе обкомĕсен пĕрремĕш секретарĕсенчен тылайăшĕ хутшăннă.

Влаçăн республикăри тата вырăнти органĕсенче суйлав ирттерме хатĕрленнĕ май КПСС Центральнăй Комитечĕн Россия бюровĕ Совет Российăнчи халăхсене Чĕнсе калании текстне сӳтсе явса ырланă. Унта халăхсен туслăхне, Совет Союзĕн пĕрлехи çемйине çирĕплетес ĕçре РСФСР ролĕ пысăк пулнине палăртнă, çĕнетӳ çитес çулсенчех палăрмалла улшăнусем патăр тесе, ăна татăклăн пурнăçа кĕртсе пымалла чĕнсе калани пур. Чĕнсе калании текстне хаçатсенче пичетлеççĕ.

Центральнăй Комитет бюровĕ Российăн экономика суверенитечĕн концепцине пăхса тухнă. Пĕр-пĕрин шухăшĕсемпе паллашнă хыççăн Российăн вăйлă экономики çĕршывăн федераци тытамне политикăпа экономикăн çĕнĕ содержанийĕпе çирĕплетес ĕçре питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртнă. Республикăн экономика аталанăвĕн никĕсĕнче регионсем хушшинчи хуçалăх хутшăнăвĕсене тата социаллă пурнăçа çĕнетсе улăштарнине ертсе пымалли ĕçе пахалăх тĕлĕшĕнчен çĕнĕ шая çĕклеме пултаракан çул-йĕр пулмалла. Çак çул-йĕре туса хатĕрлессине хăвартлатма кирлине палăртнă. Сăмах кунта çав çул-йĕре палăртма наука организацийĕсене, автономиллĕ республикăсемпе крайсен, облаçсен руководителĕсене хутшăнтарасси, тĕп положенисене союзри органсемпе пĕрле çĕршывăн социаллă пурнăçпа экономикине аталантармалли мерăсемпе тачă çыхăнтарса хатĕрлесси çинчен пырать.

Бюро ларăвĕнче РСФСРта халăх депутачĕсен республикăри тата вырăнти Совечĕсен суйлавне хатĕрленесси мĕнле пынине сӳтсе явнă. Çакна палăртнă: халăх депутачĕсене суйлас тĕлешпе ирттерекен кампани ытларах çĕрте суйлавçăсем пысăк активлăх кăтартнипе, суйлав умĕнхи кĕрешӳ çивĕч пынипе уйрăлса тăрать, альтернативлă никĕс çинче сасăлан ирттермешкĕн условисем туса парать.

Вăтамран пĕр мандат пуçне РСФСРта халăх депутатне суйлама сакăр кандидат, автономиллĕ республикăсенче виççĕ кандидат таран тăратнă. Вырăнти Советсен депутачĕсене суйламашкăн пĕр миллион та иккĕр пин кандидат тăратнă, Çакă вăл мандатсен хисепĕнчен 1,5 хут нумайрах.

Центральнăй Комитет бюровĕ парти крайкомĕсемпе бюровĕсене кандидата тăратнин итогĕсене тĕплĕн тишкерме, суйлав умĕнхи кĕрешĕвĕн малашнехи тактикине тĕрĕс палăртма сĕннĕ. Депутата суйлама тăратнă кандидатсен составĕнчен Советсенче активлă тата конструктивлă ĕçлеме пултаракан кандидатсене çĕнтермешкĕн майсем туса парас задача тăрать. Рабочисемпе хресченсенчен, хĕрарăмсемпе çамраксенчен тăратнă кандидатсене пулăшу парасси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла.

Парти комитечĕсен политика ĕçĕнче политика реформине пурнăçа кĕртес тата Советсене тулли власть парас ĕçре суйлав пĕлтерĕшне, республикăри ĕççынисен 1990 çулта пурнăçламалли ответлă задачисене ăнлантарса парасси çине тимлĕ пăхмалла.

Ларура Россия Федерацийĕнчи парти организацийĕн ĕçĕ-хĕлĕн ытти хăшпĕр ыйтăвĕсене пăхса тухнă.

*СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн УКАЗĔ*

## СССР Верховнăй Советне пухасси çинчен

СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ çапла йышăнать:

Социализмлă Совет Республикисен Союзĕн Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессине 1990 çулхи февралĕн 14-мĕшĕнче Мускав хулинче пухас.

**СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. ГОРБАЧЕВ.**

Мускав, Кремль.
1990 çулхи январĕн 16-мĕшĕ.

## Президиум ларăвĕ

Январĕн 15-мĕшĕнче Кремльте СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ăна СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. С. Горбачев председатель пулса ертсе пынă.

Ларура Сăртлă Карабах автономи облаçĕнче тата хăшпĕр ытти районсенче чрезвычайлă лару-тăру туса хурасси çинчен ыйту пăхса тухнă. СССР шалти ĕçсен министрĕ В. В. Бакатин, СССР Генеральнăй прокурорĕ А. Я. Сухарев, СССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕн председателĕ В. А. Крючков, Азербайджан ССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ Э. М. Кафарова, Армян ССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ Г. М. Восканян тухса каласнă. [illegible] М. Г. Сагдиев, И. Х. Куртшин, В. Г. Кучеренко, Ю. Н. Бородин, Г. С. Таразевич, Ч. Айтматов, А. И. Лукьянов, Н. И. Рыжков юлташсем хутшăннă.

Сӳтсе явнă ыйтусем тăрăх СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ «Сăртлă Карабах автономи облаçĕнче тата ытти хăшпĕр районсенче чрезвычайлă лару-тăру туса хурасси çинчен» Указ йышăннă. Унăн текстне хаçатсенче пичетлеççĕ.

## ТĂВАНСЕН ĂМĂРТĂВĔ

**МАРИ, МОРДВА, ЧĂВАШ АССРĕсем, ГОРЬКИЙ ТАТА ЯРОСЛАВЛЬ ОБЛАÇĔСЕМ 1989 ÇУЛТА СОЦИАЛИЗМЛА ĂМĂРТСА ĔÇЛЕНИН ИТОГĔСЕМ**

| | Мари АССРĕ | Мордва АССРĕ | Чăваш АССРĕ | Горький облаçĕ | Ярославль облаçĕ |
|---|---|---|---|---|---|
| **ПРОМЫШЛЕННОСТЬ** | | | | | |
| Договор обязательствисене пурнăçланă (отчетлă тапхăр планĕнчен — процентпа) | 97,1 | 98,9 | 99,4 | 99,1 | 99,1 |
| Продукци калăпăшĕ (ăçсем, пулăшу ăçĕсем, 1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 104,6 | 103,5 | 104,9 | 99,8 | 101,3 |
| Халăха кирлĕ таварсем туса кăларнă (эрех-сăра сутнине шутламасăр, отчетлă тапхăр планĕнчен шутласа — процентпа) | 107,6 | 106,2 | 105,6 | 104,7 | 104,1 |
| 1988 çулхипе танлаштарсан | 110,5 | 109,7 | 110,1 | 109,5 | 108,6 |
| Халăха кирлĕ апат-çимĕçлĕх мар тавар туса кăларнă (РСФСР çăмăл промышленность тата пир-авăр промышленноçĕн министерствисен предприятийĕсен таварне шутламасăр, 1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 102,6 | 109,7 | 118,9 | 114,1 | 113,5 |
| Ĕç тухăçлăхĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 106,8 | 106,2 | 105,5 | 103,4 | 104,6 |
| **ЯЛХУÇАЛĂХĔ** | | | | | |
| Мăнпур йышши выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк ашĕ туса илнĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 105 | 108 | 105 | 102 | 99,6 |
| Пĕтĕмпе сĕт суса илнĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 106 | 105 | 103 | 101 | 101 |
| Çулталăкра кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ — килогрампа | 3477 | 2767 | 2914 | 2930 | 2219 |
| Пĕтĕмпе çăмарта туса илнĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 98 | 98 | 96 | 101 | 101 |
| [illegible] туса илнĕ (çăмарта — [illegible]) акакан кашни 100 гектар çĕр пуçне): | | | | | |
| аш-какай — центнерпа | 119 | 70 | 129,7 | 83 | 69,7 |
| сĕт — центнерпа | 584 | 272 | 384,5 | 387 | 381,4 |
| çăмарта — пин штук | 66,4 | 32 | 70,3 | 93 | 151,3 |
| çăм — килогрампа | 43 | 54 | 50 | — | — |
| Хуçалăхсем мăнпур категорийĕсенче выльăх-чĕрлĕх продукцийĕсене туянмалли плана дуюмĕсем тултарнă (çулталăк планĕнчен шутласа — процентпа): | | | | | |
| аш-какай | 113 | 100,7 | 100 | 108 | 105 |
| сĕт | 116 | 102 | 104 | 108 | 98 |
| çăмарта | 102 | 107 | 103 | 107 | 105 |
| çăм (тасе çăм çине куçарсан) | 132 | 104 | 109 | 103 | 129 |

*• Çивĕч сигнал*

## МĔНЕХ ВĂЛ — ШТРАФ ТӰЛЕНИ?

Çапла шухăшлама хăнăхнă пулас вагон пушатас-тиес ĕçе вистлĕ те кирлĕ пек йĕркелеме пултараймая предприятисемпе организацисен руководителĕсем. Ахăртнех, çулталăк бюджетĕнче чугун çула штраф тӳлемелли укçа-тенке те ситейĕклех палăртса хураççĕ пулмалла.

Чăваш АССР Статистика управленийĕ пĕлтернĕ тăрăх, 1989 çулхи декабрьте чугун çул станцийĕсенче, предприятисемпе организацисенче çĕршер вагона палăртнă вăхăтра пушатман е тиемен. «Чувашавтодор» пĕрлешӳ вагонсене норматиран икĕ хут, «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳ 1,4 хут ытлашши тытнă. Республикăри Госагропром предприятийĕсемпе организацийĕсем декабрьте вагонсен 730 сехет чухлĕ [illegible]

*Суйлав умĕн*

## ÇИТМЕНЛĔХСЕМ ТЕ ПУР-ХА

Шупашкарта В. Х. Дубинин ертсе пынипе Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен Тĕп суйлав комиссийĕн черетлĕ ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура Чăваш АССР Издательство, полиграфи тата кĕнеке сутас ĕç государство комитечĕ суйлав çинчен калакан Законсем, суйлав бюллетенĕсем, суйлав умĕнхи агитаци хатĕрĕсем пичетлес ĕçпе мĕнле ĕçлени çинчен унăн председателĕ Б. П. Васильков пĕлтернине итленĕ. Тĕп суйлав комиссийĕн членĕ Ф. К. Павлов Шупашкарти Калинин районĕнчи суйлав округĕсене тĕрĕсленин итогĕсемпе паллаштарнă.

Ларура хулари Калинин районĕнчи тата Шупашкар районĕнчи хăшпĕр суйлав округĕсенче «Чăваш АССР халăх депутачĕсен суйлавĕ çинчен» калакан Закона пăснă тĕслĕхсене пăхса тухнă. Калинин районĕнчи 38-мĕш Кăнтăр суйлав округĕнче, сăмахран, икĕ кандидатран пĕрне хӳтĕлеме типографире открыткăсем пичетлеттернĕ. Шупашкар районĕнчи 179-мĕш Кӳкеç суйлав округĕнче депутата суйлама кандидат тăратнă чухне Закона пăхăнман. Асăннă суйлав округĕсенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсем Г. С. Ивановпа Ю. И. Брыгалов ăнлантарса панисене итленĕ, тупă йăнăшсене тӳрлетме хушнă. Калинин районĕнчи 37-мĕш Бичурин суйлав округĕнче те суйлав çинчен калакан Закона пăснă. Суйлавçăсене регистрацилемесĕрех пуху ирттернĕ. Тĕп суйлав комиссийĕ пуху мĕнле иртнине тепĕр хут тĕрĕслетернине, округри суйлав комиссийĕ кандидата регистрацилемесĕр хăварнине тĕрĕс тесе йышăннă.

Ларура Тĕп суйлав комиссине пыракан çырусемпе, заявленисемпе тата жалобăсемпе ĕçлессине, суйлавпа çыхăннă документсене сыхласси çыхăннă ыйтусене пăхса тухнă, январĕн 23-мĕшĕнче округсенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсен канашлăвне ирттерме йышăннă.

## КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлав тĕлĕшпе ĕçлекен тивĕçлĕ округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТАРАХ**
**47-мĕш Коопераци суйлав округĕ**

[illegible] университечĕн кафедра заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

[illegible] АССР Государство агропромышленность комитечĕн председателĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Александр Николаевич Капустин, 1950 çулта çуралнă, «Ростовтоматстром» [illegible]

[illegible] Чăваш государство университечĕн историпе филологи факультетĕнчи студент, ВЛКСМ членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

**56-мĕш Тельман суйлав округĕ**

[illegible]

# ШТРАФ ТӲЛЕНИ?

Çапла шухăшлама хăнăхнă пулас вагон пушатас-тиес ĕçе ишепле те кирлĕ пек йĕркелеме пултарайман предприятисемпе организацисен руководителĕсем. Ахăртнех, султалăк бюджетĕнче чугун çул штрафĕ тӳлемелли укçа [illegible]

Шупашкарта В. Х. Дубинин ертсе пынипе Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕллевпе ĕçлекен Тĕп суйлав комиссийĕн черетлĕ ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура Чăваш АССР Издательство, полиграфи тата кĕнеке сутас ĕç государство комитечĕ суйлав çинчен калакан Законсем, суйлав бюллетенĕсем, суйлав умĕнхи агитаци хатĕрĕсем пичетлес енĕпе [illegible]

...ков пĕлтерипе итленĕ. Тĕп суйлав комиссийĕн членĕ Ф. К. Павлов Шупашкарти Калинин районĕнчи суйлав округĕсене тĕрĕслени итогĕсемпе паллаштарнă.

Ларура хулари Калинин районĕнчи тата Шупашкар районĕнчи хăшпĕр суйлав округĕсенче «Чăваш АССР халăх депутачĕсен суйлавĕ çинчен» калакан Закона пăсса тĕсăĕхсене пăхса тухнă. Калинин районĕнчи 39-мĕш [illegible]

...махран, ине кандидатран пĕрне хӳтелеме типографире открыткăсем пичетлеттернĕ. Шупашкар районĕнчи 179-мĕш Кӳкеç суйлав округĕнче депутата суйлама кандидат тăратни чухне Закона пăхăнман. Асăннă суйлав округĕсенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсем Г. С. Иванова Ю. И. Ерыгалов айăплăха [illegible]

...округри суйлав комиссийĕ кандидата регистрацилемесĕр хăварнине тĕрĕс тесе йышăннă.

Ларура Тĕп суйлав комиссийĕ пырăкан çырусемпе, заявленисемпе тата жалобăсемпе ĕçлессине, суйлавпа çыхăннă документсене сыхласси çыхăннă ыйтусене пăхса тухнă, январĕн 23-мĕшĕнче округсенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсен [illegible]

...чрезвычайлă лару-тăру туса хурасси çинчен ыйту пăхса тухнă. СССР шалти ĕçсен министре В. В. Бакатин, СССР Генеральнăй прокурорĕ А. Я. Сухарев, СССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕн председателĕ В. А. Крючков, Азербайджан ССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ Э. М. Кафарова, Армян ССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ Г. М. [illegible] Базарова, В. С. Шевченко, М. Р. Сагдиев, В. Е. Курташин, В. Г. Кучеренко, Ю. И. Бородин, Г. С. Таразевич, Ч. Айтматов, А. И. Лукьянов, Н. И. Рыжков юлташсем хутшăннă.

Сӳтсе явнă ыйтусем тăрăх СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ «Сăртлă Карабах автономи облаçĕнче тата ытти хăшпер районсенче чрезвычайлă лару-тăру туса хурасси çинчен» Указ йышăннă. Унăн тексчĕ хаçатсенче пичетленет.

са хураççĕ пулĕ.

Чăваш АССР Статистика управленийĕ пĕлтерĕ тăрăх, 1989 сулхи декабрьте чугун çул станцийĕсенче, предприятисемпе организацисенче çĕршер вагона палăртнă вăхăтра пушатман е тиемен. «Чувашавтодор» пĕрлешӳ вагонсене нормативран икĕ хут, «Чувашагропромстрой» пĕрлешӳ 1,4 хут ытлашши тытнă. Республикăри Госагропром предприятийĕсемпе организацийĕсен декабрьте вагонсен 736 сехет чухлĕ ахаль лартнă, çавăншăн 1.771 тенкĕ штраф тӳленĕ. «Чувашхлебопродукт», «Чувашлес» пĕрлешӳсем те халăх хуçалăхне вагонсем нумай кирлине шута илмесçĕ, иртнĕ уйăхра вĕсен 1.256 та 873 тенкĕ штраф тӳлеме тивнĕ.

Шел пулин те, январьте те лару-тăру улшăнмасть. Элир Шупашкар чугун çул станцийĕн тавар контурĕпе сыхăнтамăр. Унтан çапла пĕлтерчĕç: чылай организацин груз тиесе килнĕ вагонсене талăкĕ-талăкĕпе пушатмасть. Тĕслĕхрен, «Агропромснаб» пĕрлешӳ ячĕпе оборудовани тиепĕ вагон январĕн 11-мĕшĕнче килнĕ, вăна тăватă талăк иртсен те пушатман. Шупашкар хула промторгĕ, 2-мĕш ТЭЦ, «Верхневолгомонтаж» управлени вагонсене виçĕ-тăватă хут нумайрах тытнă.

Кашни пĕрлешӳве предприятире, организацире чугун çул вагонĕсене пушатас-тиес ĕçе лайăхлатмалла. Кунĕнĕпе камсем ответлă пулнине те уçăмлăн палăртни кирлĕ, тен, штраф укçине вĕсенчен шыраса илме тытăнмалла. Уссн пулĕ.

А. НИКОЛАЕВ.

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлав тĕллевпе ĕçлекен тивĕçлĕ округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ 47-мĕш Коопераци суйлав округĕ

Николай Константинович **Ботурш**, 1951 çулта çуралнă, «Центросоюзан Мускаври коопераци институчĕ» потребительсен кооперацийĕн перенӳпе наука комплексен Шупашкарти филиалĕн доценчĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Станислав Павлович **Карпов**, 1932 çулта çуралнă, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн кафедра заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

### 53-мĕш Студенческий суйлав округĕ

Евгения Михайловна **Воробьева**, 1953 çулта çуралнă, республикăри халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен территори-производство пĕрлешĕвĕн кĕпе-тумтире юсакан тата çĕлекен фабрикин Модăсен çуртĕнчи çĕвĕç, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Борис Исакович **Егоров**, 1934 çулта çуралнă, Чăваш АССР Государство агропромышленность комитечĕн председателĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Александр Николаевич **Капустин**, 1950 çулта çуралнă, «Роставтоматстром» наукăпа производство пĕрлешĕвĕнчи сектор заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Атнер Петрович **Хузангай**, 1948 çулта çуралнă, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн доценчĕ, партире тăмасть, Шупашкар хулинче пурăнать;

Эдуард Витальевич **Якутов**, 1965 çулта çуралнă, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн историпе филологи факультетĕнчи студент, ВЛКСМ членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

### 56-мĕш Тельман суйлав округĕ

Николай Прокофьевич **Карачарсков**, 1935 çулта çуралнă, РСФСР Художество фончĕн Чăваш республикинчи творчествăпа производство комбинатĕнче художник, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать;

Александра Максимовна **Лаптева**, 1944 çулта çуралнă, республикăри краеведени музейĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

• • •

**Шупашкар хула Советĕнче халиччен 375 депутат пулнă. Вырăнти Советсен халăх депутачĕсен суйлавĕ çинчен калакан законпа килĕшӳллĕн, ку суйлавра 150 мандат çеç хăварнă. Хулари суйлав комиссийĕн секретарĕ Ю. П. Петров пирĕн корреспондента çапла пĕлтерчĕ:**

— Хула Советне суйлама пурĕ 522 кандидат тăратнă. 11 округра — пĕрер, 29 округра — икшер, 39 округра — виçшер, 40 округра — тăватшар, 16 округра — пилĕкшер, 11 округра — ултшар кандидат. Хăшпĕр округсем тăрăх 7—8 кандидат таран баллотировкăна тăнă.

— **Иртнĕ суйлаври хула Совечĕн депутачĕ пулман кандидатсем миçе?**

— Вĕсен йышĕ — 475. Урăхла каласан, 522 кандидатран 47-шĕ кăна депутат шутланать.

— **Вырăнти суйлавçăсен пухăвĕсем сĕнвĕ кандидатсем пур-и?**

— Ук пеккисем — 19. Кандидатсене, тĕпрен илсен, ĕç коллективĕсем (481) тата обществăлла организацисем (41) хăйсен пухăвĕсенче, пленумсенче тăратнă.

— **Кандидатсем хушшинче халăхăн хăш социаллă сийĕ ытларах?**

— 88 хĕрарăм, 101 рабочи. КПСС членĕсемпе парти членĕн кандидачĕсем — 321, ВЛКСМ членĕсем — 24, 30 çула çитмен çамрăксем — 60 çын. Парти работникĕсем —17, совет органĕсенче ĕçлекенсем — 8. Кандидатсен 15 проценчĕ — руководительсем.

(Хамăр корр.).

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче

Усĕ пыракан ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕçе активлă хутшăннăшăн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Нина Андреевна Смирновăна — В. И. Ленинăн Тĕп музейĕн Шупашкарти филиалĕн совечĕн членне — Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

## ТĔНЧЕ УÇЛĂХĔНЧИ ВАХТĂРА

**ВĔÇЕВЕ ЙĔРКЕЛЕСЕ ТĂРАКАН ЦЕНТР, январĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС).** Орбитăри «Мир» комплекс çинче Александр Викторенкăпа Александр Серебров 130 кун ĕçленĕ. Уçă космоса тухассипе çыхăннă операцие вĕçленĕ хыççăн вĕсем вĕçев программине малалла пурнăçлаççĕ.

«Галлар» установке çинче космосри материаловедени енĕпе черетлĕ эксперимент ирттернĕ. Пилот тытса пыракан комплекс çинче регламентпа палăртнă профилактика ĕçĕсем пурнăçламалли графикпа килĕшӳллĕн, космонавтсем станци çинчи температурăна йĕркелесе тăракан системăн гидрокасус блокне улăштарнă.

Паян экипаж «Квант-2» модульрен санитарипе гигиена хатĕрĕсене пушатать. Каçхине, груз турттаракан кеоапăн двигателĕсемпе усă курса, комплекс орбитине коррекцилеме палăртнă.

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| танлаштарсан — процентпа) | 106,8 | 106,2 | 105,5 | 103,4 | 104,6 |

### ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ĔÇЕ ЭЛХУÇАЛĂХĔ

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Мăнтур йышлăн выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кăшăк ашĕ туса илнĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 105 | 108 | 105 | 102 | 99,6 |
| Пĕтĕмпе сĕт суса илнĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 106 | 105 | 103 | 101 | 101 |
| Çулталăкра кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ — килогрампа | 3477 | 2767 | 2714 | 2930 | 2219 |
| Пĕтĕмпе çăмарта туса илнĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — [illegible] | | | | | |
| Кашни 100 гектар çĕр пуçне выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илнĕ (çăмарта — тĕштырă акакан кашни 100 гектар çĕр пуçне): | | | | | |
| аш-какай — центнерпа | 119 | 70 | 123,7 | 82 | 69,7 |
| сĕт — центнерпа | 384 | 272 | 384,5 | 387 | 381,4 |
| çăмарта — пин штук | 66,4 | 32 | 70,3 | 93 | 151,3 |
| çăм — килогрампа | 43 | 54 | 50 | — | — |
| Хуçалăхсен мăнтур категорийĕсенче выльăх-чĕрлĕх продукцийĕсем туямалли плана тултарнă (çулталăк планĕнчен шутласа — процентпа): | | | | | |
| аш-какай | 113 | 100,7 | 100 | 108 | 105 |
| сĕт | 116 | 102 | 104 | 108 | 98 |
| çăмарта | 102 | 107 | 102 | 107 | 105 |
| çăм (таса çăм çине куçарсан) | 132 | 104 | 109 | 103 | 129 |

### КАПИТАЛЬНАЯ СТРОИТЕЛЬСТВО

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Капитальнăй ĕçсем туме государство хывнă укçа-тенкĕпе усă курса тĕп фондсене ĕçе кĕртнĕ (çулталăк планĕнчен шутласа — процентпа) | 106 | 99,4 | 101 | 86 | 97,6 |
| 1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа | 109 | 108 | 130 | 108 | 115 |
| Капитальнăй ĕçсем туме государство уйăрнă укçа-тенкĕпе усă курнă (çулталăк лимитĕнчен шутласа — процентпа) | 105 | 108 | 106 | 95 | 106 |
| 1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа | 99 | 108 | 100,3 | 105 | 122 |
| Строительствăпа монтаж ĕçĕсен калăпăшĕ (çулталăк лимитĕнчен шутласа — процентпа) | 104 | 102 | 98 | 97 | 100 |
| 1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа | 91 | 106 | 91 | 107,7 | 116 |
| Çурт-йĕр лартма государство хывнă укçа-тенкĕпе усă курнă (çулталăк лимитĕнчен шутласа — процентпа) | 98 | 102 | 98 | 88,9 | 98 |
| Социаллă пурнăçпа культура, йăла объекчĕсем тата пурăнмалли çуртсем ĕçе кĕртнĕ (çулталăк планĕнчен шутласа процентпа): | | | | | |
| пурăнмалли çурт-йĕрĕн пĕтĕмĕшле лаптăкĕ | 107 | 103 | 99,4 | 98,8 | 102 |
| больницăсем | 140 | 100 | 64 | 126,7 | 62 |
| шкул çулне çитмен ача-пăча учрежденийĕсем | 101 | 103 | 83 | 82 | 100 |
| Пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсем | 107 | 104 | 101 | 126 | 104 |
| Ĕç тухăçлăхĕ (1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа) | 105 | 106 | 104,7 | 101,8 | 106 |

### ТРАНСПОРТ

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Пурте усă куракан автомобиль транспорчĕпе усă курнă (çулталăк планĕнчен шутласа — процентпа): | | | | | |
| груз турттарнă | 103,3 | 100,5 | 100,3 | 90,1 | 102 |
| автобуссемпе пассажирсем илсе çӳренипе илнĕ тупăш | 99,5 | 101 | 100,3 | 101,3 | 99,3 |

### СУТУ-ИЛӲ

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Ваккăн сутмалли таварçаврăнăшĕ, обществăлла апатлану предприятийĕсемпе пĕрле (отчетлă тапхăрти госзаказран шутласа — процентпа) | 107,2 | 104,7 | 101,7 | 103,4 | 106 |
| 1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа | 110,4 | 108,9 | 111,3 | 108,2 | 109 |

### ПУЛĂШУ ĔÇĔСЕМ

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Халăха тӳлевлĕ пулăшу ĕçĕсем туса панă (отчетлă тапхăрти госзаказран шутласан — процентпа) | 105,9 | 104,3 | 105,2 | 106,1 | 107,5 |
| 1988 çулхипе танлаштарсан — процентпа | 107,5 | 108,1 | 109,6 | 108,7 | 113,2 |

ЧĂВАШ АССР СТАТИСТИКА УПРАВЛЕНИЙĔ.

# ХАЛĂХ ТАВĔ

Хаçатра пĕлтернĕччĕ ĕнтĕ — 1989 çулшăн К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен Чăваш АССР Государство премине Г. Н. Айхи поэтпа Э. М. Юрьев художника панă. Тăван халăхан пысăк наградине вĕсем Чăваш кĕнеке издательствинче 1968, 1974, 1987 çулсенче пичетлесе кăларнă «Франци поэчĕсем», «Венгри поэчĕсем» тата «Польша поэчĕсем» кĕнекесен ярăмне куçарса хатĕрленĕшĕн тата илемлетнĕшĕн тивĕç пулнă.

Январĕн 15-мĕшĕнче Шупашкарта, Чăваш АССР Министрсен Совечĕн залĕнче, çĕнĕ лауреатсене савăнăçлă лару-тăрура чысланă. Преми илме тивĕç пулнă поэтпа художника Чăваш АССР Министрсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Зайцев хĕрӳллĕн саламланă, лауреат паллипе грамотине панă. Лауреатсене литературăри тата ӳнерлĕ искусствăри юлташĕсем В. Н. Давыдов-Анатри поэт, кĕнеке издательствин главнăй редакторĕ В. Г. Игнатьев писатель, Н. П. Карачарсков художник, Н. Т. Терентьев драматург, Чăваш АССР Писательсен союзĕн правленийĕн председателĕ П. В. Афанасьев поэт, литература критикĕ А. П. Хусанкай, В. Туркай тата Г. Ф. Юмарт поэтсем, тăванĕсемпе юлташĕсем саламланă. Г. Н. Айхи поэтпа Э. М. Юрьев художник тав сăмахĕ каланă.

Н. А. Зайцев хăйĕн сăмахĕнче Геннадий Николаевич Айхи поэта ытти халăхсен литературине куçарса тăван халăх культурине пуянлатнăшăн, халăх сăмахлăхĕпе чăваш сăвăçĕсен хайлавĕсене ытти чĕлхесене куçарса тĕнче умне кăларас тĕлĕшпе йывăр чăрмавсене çĕнтерсе ырми-канми пархатарлă ĕçленĕшĕн тав тунă. Çак ĕçсенче Элли Михайлович Юрьев художник тӳпи те пысăк.

Савăнăçлă ларăва Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ А. М. Леонтьев, КПСС обкомĕн секретарĕ Д. Ф. Семенов, республика Министрсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ Р. И. Ерусланова хутшăнна.

И. ИВАНОВ.

**⊙ Геннадий Айхи поэтпа Элли Юрьев художник.**

Ю. Дмитриев фотоӳкерчăкĕ.

Калинин ячĕпе хисепленекен колхозра ялхуçалăх техникине хĕл касарма йĕркеллĕ вырнаçтарса лартман. Тĕштырă пухмалли сакăр комбайна çуп-çапрах тасатман, касакан çĕççисене илмен, вниçĕшĕ, çу сĕрменнипе, тутăхнă. Сăнтăрсемпе чĕнсене бункера тултарса хунă, пĕр комбайнĕн аккумуляторне те тĕкĕнмен. Выльăх апачĕ пухса илмелли агрегатсене, сеялкăсене, культиваторсене те ГОСТ требованийĕсене пăхăнмасăр упрама лартнă.

«Динамо» колхозра та ялхуçалăх техникине хисепле[illegible] пухмалли тăватă комбайна хĕл касарма хатĕрлемен, тутăхакан пайсене су сĕрмен. Жаткăсене, сеялкăсене, культиваторсене кирлĕ пек упрамаççĕ.

Ялхуçалăх техникине хĕл касарма йĕркеллĕ вырнаçтарса лартманшăн районти халăх контроль комитечĕ Калинин ячĕпе хисепленекен тата «Динамо» колхозсен тĕп инженерĕсене А. Михеевпа Г. Капарова выговор панă.

### КУСЛАВККА

Районти халăх контролерĕсем райĕçтăвкомăн пурăнмалли сурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх пĕрлешĕвĕнче ĕç дисциплинин мĕнле шайра тăнине тĕрĕсленĕ, пĕрлешӳ нумай кăтартусем енĕпе юлса пынин вырăнта ĕçкĕпе иртĕхекенсемпе çителĕксĕр кĕрешнинчен килнине палăртнă.

Коллективра ĕç дисциплини япăхса кайнă, çавна май кадрсем час-часах улшăнса тăраççĕ. 1989 çулта, акă, 64 çынна ĕçе илнĕ, 49-шне ĕçрен кăларнă, ытларахăшне — ĕçре ӳсĕр пулнăшăн, прогул тунăшăн. Апла пулин те, ĕç коллективĕнче урăлтаркăча леннĕ, прогул тунă пĕр сынна та сӳтсе явман. Ĕçкĕпе иртĕхекенсене хирĕç кĕрешекен комисси кирлĕ пек ĕçлемест. Пĕрлешӳре ирĕклĕ халăх дружини, юлташла суд йĕркелемен.

Çак ыйтăва хăйĕн ларăвĕнче пăхса тухса, районти халăх контроль комитечĕ ĕçкĕпе иртĕхекенсене хирĕç çителĕксĕр кĕрешнĕшĕн пĕрлешӳ начальникне А. Буянова хытă асăрхаттарса хăварнă. Ĕç дисциплинине çирĕплетме хушнă.

### ÇЕМЕРЛЕ

Тĕрĕслев иртерсе. Саланчăкри интернат-шкулта хуçасăрлăха пула финанс дисциплинине пăсиине тупса палăртнă. Шкул руководителĕсем финанс документчĕсене çырса пырасси, отчетсем тăратасси çине сиелтен пăхнă, хăшпĕр сынсем ĕçлемесĕр укса илнĕ.

Интернат-шкулăн хушма хуçалăхĕнче сысна сурисене лайăх тăрантарса усраманнипе 17-шĕ вилнĕ. Шкула 405 тенкĕлĕх тăкак кӳнĕ. Тĕрĕслев вăхăтĕнче шкул директорне Г. Ларкузова вилнĕ сыснасемшĕн айăплă сынсене пурлăх тĕлĕшĕнчен ответ тыттарма хушнă, анчах вăл сакна пурнăçламан. Хушма хуçалăхра выльăхсен йышне те кирлĕ пек шута илсе тăман.

Финанс дисциплинине пăснăшăн, выльăх-чĕрлĕхе йĕркеллĕ усрама мерăсем йышăнманшăн шкул директорне Г. Ларкузова сирĕп выговор панă, унăн пĕр уйăхри ĕç укçине тытса юлма йышăннă.

уссăнлăх унăн авторитетне çĕклет. Массăллă рейдсем иртерни çĕре цехсемпе участоксенчи активистсене анлăн хутшăнтарма пулăшать. Сăмахран, ĕç укçи панă кун, иртернĕ [illegible] хăшпĕр рабочисем [illegible] ерен кайнине палăртнă. Цехсенче сварка участокĕнче, акă, Киселев ертсе пыракан бригадăри 6 рабочи ӳсĕр пулнă. Компрессор установкин машинисчĕ Душкина ĕç вырăнĕнче эрех ĕçнине асăрханă. Халăх контролерĕсем çакăн синчен сиенлĕх ĕçкĕпе иртĕхнине хирĕç кĕрешекен комиссие пĕлтернĕ. Ĕç дисциплинине сĕмсĕррĕн пăсакансене ответ тыттарнă. Коммуналлă строительство пайĕнче ĕçлекен Александрова ĕçкĕпе иртĕхнĕшĕн КПСС ретĕнчен кăларнă.

Хăшпĕрисем, ĕçрен вăхăт ситиччен тухса кайма юратакансем, сып курман вăрттăн çулсемпе усă курма тă-

Завод сăнавла оборудованипе уйрăм детальсем нумай туса кăларать. Вĕсенчен хăшпĕрисене, заказсем вăхăтра илменнипе, тепĕр хут сăрласа сĕнетме тивет. Çакна шута илсе, халăх контролерĕсем цехсемпе участоксене [illegible] усă курнине тĕрĕслерĕ. Çавăн хыççăн лакпа сăрă склачĕнче сирĕп йĕрке тунă. Юлашки вăхăтра иртернĕ тĕрĕслев цехсемпе участоксенче лакпа тата сăрăсемпе техникăлла висене пăхăнса çеç усă курнине кăтартса панă.

«Проммеханизаци» заводра ĕçлекенсем, тĕпрен илсен, хулан Коноваловăри çĕнĕ микрорайонĕнче пурăнаççĕ. Кунта ку чухнехи типлă проектсем тăрăх нумай хватерлĕ суртсем туса лартнă. Халăх контроль группин членĕсем çав суртсенче пурăнакансем электроэнергипе мĕнле усă курнине тĕрĕсленĕ. Акă мĕн палăртнă: 90 тата 100 хватерлĕ суртсене йы-

сенчен пĕри вăл — хăйĕн ĕçе-хĕлĕ çинчен завод коллективне тăтăшах пĕлтерсе тăни. Çак тĕллевпе кунта «Çисĕм» хаçат кăларса тăраççĕ. А. Краснов художник пуçарнипе «Заводри халăх контроль группин кĕтесĕ» тата «Фотоӳкерчĕк айăплать» витринăсем йĕркеленĕ. Районта иртерне смотр-конкурсра çак витринăсем пĕррремĕш вырăн йышăнна. Хисеп грамоти илме тивĕç пулнă.

— Предприяти пĕр тикĕс ĕçлесси халăх контролерĕсем тимлĕ пулнинчен, урăхла ка[illegible]че палăртнă ситменлĕхсене пĕтерме администрацие общественнăй организацисене тивĕçлĕ пулăшу панинчен нумай килет. Коллектив иртнĕ çул производство планне анăçлă пурнăçларĕ. Çакăнта халăх контролерĕсен тӳпи те пысăк, — тет заводри профком председателе В. Кормачев.

В. КУЗНЕЦОВ.
(Хамăр корр.).



З. В. Яшумова Çĕмĕрлери автофургонсен комбинатĕнчи иккĕмĕш цехра станочниксен бригадине ертсе пырать. Иртнĕ çул çак бригада предприятире темиçе хутчен те класлă вырăнсене йышăннă.

Зинаида Васильевнăна коллективра общество ĕçне хастар хутшăннипе лайăх пĕлеççĕ. Вăл — комбинатри халăх контроль группин членĕ. Дозорнăй ертсе пыракан бригадăра пĕлтĕр ĕç тухăçлăхĕ 8,3 процент ӳснĕ, коллектив йывăç, электроэнерги сахал мар перекетленĕ.

Ӳкерчĕк çинче: З. В. Яшумова (сылтăмран иккĕмĕшĕ) Е. Гурьянова, Л. Храпкова, Н. Смирнова тата Н. Давыдова рабочисемпе калаçать.

Ю. Дмитриев
фотоӳкерчĕкĕ.

*Хаçатра çырнă хыççăн*

## «КИРЛĔ-ШИ КОЛХОЗРА ТĔРĔСЛЕВÇĔ?»

Хуçалăхри халăх контроль группин председателĕ В. Михайлов çырнă статьяна колхоз правленийĕн анлă ларăвĕнче пăхса тухрăмăр. Унта çырса панă хăшпĕр тĕслĕхсем тĕрĕс. Иртнĕ çул Шупуç бригадинче юлнă вăрлăха колхозăн тĕп складне хывнă, çак ĕçе мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăма колхозăн ревизи комиссийĕпе халăх контроль группине хушса хăварма, юлнă пăрçана Шупуç бригадин столовăйĕнче механизаторсене апат пĕçерсе ситерни çинчен В. Васильев бригадира акт çырса тăратма йышăнинă. Кукуруза вăрлăхне, вăл юрăхсăра тухнă пирки, акт çырса шутран кăларма пăхнă.

800 килограмм курăк вăрлăхне шута илменшĕн колхозăн тĕп агрономне В. Григорьева уполномоченнăйсен пухăвĕнче асăрхаттарса хăварнă. 260 килограмм курăк вăрлăхне шутран кăларма çырнă акта çирĕплетнĕ.

З. Петров колхозник 8 михĕ кукуруза вăрлăхне киле илсе кĕнĕ тени тĕрĕс мар. Вăрлăха, акма тата выльăхсене çитерме юрăхсăр пулнипе (вăрлăх çинче чул пĕрчисем нумай) пĕвене тăкнă. Çакăншăн З. Петрова асăрхаттарнă.

Хуçалăхри халăх контроль группин председателĕ В. Михайлов çырнă статьяра Ыхракасси бригадинче 8 гектар çине акнă викăпа сĕлĕ хутăшĕ сайра шăтнă, вăрлăха айккинелле сутнă, тенĕ. Пĕлтĕр çанталăк типĕ пулнă пирки ытти бригадăсенче те викăпа сĕлĕ хутăшĕ сайра шăтнă. Йĕтем çинче аллана хыççăн 8 тонна викăпа сĕлĕ хутăшне склада кĕртнĕ, уй-хир ĕçĕсем пуçланса кайнă май унăн каяшне иккĕмĕш хут аллама май килмен, ăна силос çине янă.

Колхоз правленийĕ халăх пурлăхне хапсăнакансене пытарса хăварни палĕрать, тени çирĕпленмерĕ. Колхоз правленийĕн апрель уйăхĕнчи ларăвĕнче Н. Михайлова зоотехника ĕçрен хăтарнă, ферма заведующине А. Петровăна сирĕп выговор панă. Вĕсен ĕçĕсене следстви органĕсем тĕрĕсленĕ, укçана хăйсен кĕсйине чикни çирĕпленмен. Çавăн пекех 5 пин килограмм сĕт укçине хапсăннă тени те тĕрĕс мар. Унчченхи колхоз председателĕ вилнĕ пирки инкама та ответ тыттарма май çук тесе, ĕçе хупнă. А. Петрова ку ĕçпе сыхăнман.

В. БОГДАНОВ,
Красноармейски районĕнчи «Большевик» колхоз председателĕ.

**«КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ» ОТВЕТЛЕÇÇĔ**

## «Çурт хупăнать»

Иртнĕ çулхи октябрь уйăхĕнче çак ятпа халăх контролĕн страницинче пичетленнĕ критикăлла корреспонденцири фактсем тĕрĕс. Çурт-йĕре хутса ăшăтма топливо çителĕксĕррине шута илсе, район Советĕн ĕçтăвкомĕ 1991 çулта ялсене газ кĕртмешкĕн документсем хатĕрлеме, халăхăн социаллă пурнăç условийĕсене ытти енĕпе лайăхлатма мерăсем йышăнать.

Хальхи вăхăтра районти мĕнпур хуçалăхсен тĕп усадьбисене лайăх çулпа сыхăнтарнă, нумай хуçалăха автобуссем çӳреççĕ. Турханта, Кĕсйл Чишмара, Тури Туçара Культура çурчĕсем, Аслă Чемейре ясли-сад тума тытăннă. Тутар Сăкăтĕнче 140 вырăнлă, Ишпĕре 50 вырăнлă, Çĕнĕ Ахпӳртре 95 вырăнлă сад-яслисем ĕçе кĕртнĕ.

В. АБДУЛКИН,
халăх депутачĕсен Патăрьел район Советĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ.

## «Усăсăр пĕтет»

Çак ятпа пичетленнĕ критикăлла статьяна районти агропромышленность пĕрлешĕвĕ, халăх контроль комитечĕпе прокуратура çитменлĕхсене тивĕçлĕ хак панă. Удобренисене упрама кирлĕ мерăсем йышăнманшăн тата складсем тума васкаманшăн халăх контроль комитечĕ «Карабашский» совхоз директорне П. И. Иванова выговор панă, тăкака саплас шутпа унăн пĕр уйăхри ĕç укçине тытса юлма йышăннă.

Удобренисене хуçасăрла тыткаланăшăн, агропромышленность пĕрлешĕвĕн приказĕпе, «Бичуринский» совхоз директорне Спиридонова ответ тыттарнă, унăн çур уйăхри ĕç укçине тытса юлмалла тунă. Совхозăн тĕп агрономне П. Г. Данилова тата Ю. В. Васильев бригадира дисциплинарлă майпа айăпланă. Район прокурорĕ «Звезда» совхоз директорне С. Г. Григорьева, «Дружба» совхозăн тĕп агрономне И. В. Кузьмина закона пăсма юраманни пирки асăрхаттарнă.

Минераллă удобренисене йĕркеллĕ упрас тĕллевпе хуçалăхсенче çĕнĕ складсем тума палăртаççĕ. Кăçал «Бичуринский», «Дубовский» совхозсенче типлă проектпа складсем лартмалла. Вунвиççĕмĕш пилĕкçуллăхра тата виçĕ хуçалăхра 600 тонна удобрени хумалăх складсем ĕçе кĕртмелле.

Г. БЕЛОВ,
Сĕнтĕрвăрри районĕнчи агропромышленность пĕрлешĕвĕн председателĕ.

## «Пулăшу кирлĕ»

Вăрмар райĕçтăвкомĕ çакна пĕлтерет: хаçатра пичетленнĕ «Пулăшу кирлĕ» статьяна районти хуçалăхсен руководителĕсен канашлăвĕнче сӳтсе явнă.

Иртнĕ çулхи вунă уйăхра районти ĕçсыннисене 10.380 сысна çури сутнă, ку вăл унччен çулхинчен 4 процент нумайрах. Районти хуçалăхсем халăхран выльăх-чĕрлĕх тата сĕт сутăн илессине ӳстерчĕç, ялта пурăнакансене çамрăк выльăхсемпе тивĕçтерсе тăрассине лайăхлатрĕç. Пĕлтĕр, сăмахран, 500 пуç пăру, 63 ĕне, 349 пин кайăк-кĕшĕк сутнă. Кунсăр пуçне уйрăм хуçалăхсенче самăртма 792 ĕне выльăх, 1.216 сысна уйăрса панă. 1989 çулта, 1988 çулхипе танлаштарсан, утă 25 процент, улăм — 89, тымарçимĕç — 8, тырă 14 процент нумайрах уйăрнă.

Район Советĕн ĕçтăвкомĕ килти хушма хуçалăха аталантарма çĕнĕрен мерăсем йышăнать.

Н. ДМИТРИЕВА,
Вăрмар район Советĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ.

# ТАКАМ ТУСА ПАРАС ПЕК

Хуçалăхсен пĕрлехи «Янтиковская» строительство организацийĕ тĕрлĕ çулсенче Тăвайĕнче пурăнмалли вунă çурт туса лартнă. 164 çемье пурăнать вĕсенче. Мĕнле тытса тăрать-ха çав çурт-йĕре асăннă организаци? Иртнĕ çул вĕсĕнче районти халăх контролерĕсем çав ыйтупа интересленчĕç.

Тӳрех калас пулать, строительство организацийĕн руководителĕсем (начальникĕ В. Васильев) çуртсене усă курма панă хыççăн вĕсене пăхса тата юсаса тăрасси синчен маннă. Юсав ĕçĕсем пурнăçлама график та хатĕрлемен, хваттерсенче пурăнакансен шухăш-кăмăлне, сĕнĕвĕсене те шута илмен. Нумай çул хушши пăхса тăманнипе пула çуртсем кивелсе юхăннă, инженери оборудованийĕ юрăхсăра тухнă.

Район центрĕнчи ытти ведомствăсен çурт-йĕрĕ те, хуçасăрлăха пула, вăхăтсăр юхăннă. Чылай предприятипе организаци, коллектив членĕсене хваттерпе тивĕçтерессине тĕп вырăна хурса, унччен тунисем çине кирлĕ пек çаврăнса пахмаççĕ. Çурт-йĕре тытса тăрасси мĕнле кăткăс ĕç пулнине шута илсех каймаи. Вĕсене ĕçе янă хыççăн тĕрлĕ ыйту сиксе тухнă: пĕр хваттере ăшă пымасть, тепринче шыв çук, виççĕмĕшĕнче газ çунмасть. Çакă, паллах, ĕç пахалăхĕ çине кирлĕ пек пăхманнинчен, хуçа туйăмне çухатнинчен килнĕ.

Хуçасăрлăха мĕнле пӳлмелле-ха? Районта, акă, пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăхăн производ-

### Перекетлĕхпе тирпейлĕхшĕн

ство управленийĕ пур. Шел пулин те, халлĕхе вăл хăйĕн тĕп тивĕçне пурнăçласа пыраймасть, пытармасăр калапсан, хут çинче кăна шутланать. Мĕнпур çурт-йĕре пăхса тăрассине унăн аллине памалла, управленин пурлăхпа техника никĕсне çирĕплетмелле. Çакăн пек шухăш патне пырса тухрĕç контролерсем, районти тивĕçлĕ органсем умне ыйту лартрĕç, конкретлă мерăсем йышăнма ыйтрĕç.

Иртнĕ çулхи октябрь — декабрь уйăхĕсенче халăх контроль органĕсенче отчетпа суйлав пухăвĕсем иртрĕç. Ĕçсыннисем тĕрлĕ енлĕн пăхса хакларĕç дозорнăйсен ĕçне, ĕç дисциплинине çирĕплетме, хуçасăрлăх çулне пӳлме кирлине палăртрĕç. Тĕрĕс ĕнтĕ, юлашки вăхăтра ĕç дисциплини хавшани усăмлăнах сисĕнет. Тĕслехрен, районти кирпĕч завочĕн ĕçне илсе пăхăпăр. Кунта производство технологине сĕмсĕррĕн пăсаççĕ, тĕрлĕ йышши кирпĕче пĕр маркăпах реализацилеççĕ. Кама усă курет сакă? Никама та. Завод хăй те тăкак тӳсет, туянакансене те чике тăршшех лартаççĕ. Хуçасăрлăх çултан-çула тăсăлать. Предприятире оборудовани кивелнĕ, ăна улăштарма укçа-тенкĕ тупаймаççĕ. Пыварлăхран тухма пĕр çул çеç: заводра сирĕп йĕркĕ туса хумалла, сынсене кашни пуса хаклама вĕрентмелле. Халăх контролерĕсем çак ыйтăва тĕплĕн тишкерсе, усăллă канашсем парĕç.

Районти халăх контроль комитечĕпе унăн активисчĕсем тĕрĕслевсен витĕмлĕхне ӳстерессишĕн тăрăшсах ĕçлеме тăрăшаççĕ. Малтан туса хатĕрленĕ планпа ĕçлетпĕр, тĕрĕслевсене тĕплĕн хатĕрленетпĕр. Агропромышленность комплексĕ çине тимлĕ пăхатпăр. Хальхи ответлă участоксенчен пĕри — выльăх-чĕрлĕхе ăнăçлă хĕл каçарасси. Колхозсемпе совхозсенче витесене, кормоцехсене, тĕрлĕ йышши механизмсемпе оборудование хĕле мĕнле хатĕрленине массăллăн тĕрĕслерĕмĕр, хальхи вăхăтра вĕсене мĕнле ĕçлеттернине куçран вĕçертместпĕр. Çитменлĕхсене вăхăтра асăрхани вĕсене вăхăтра пĕтерме май парать. Шел пулин те, дозорнăйсем асăрхаттарнине пур çĕрте те хăлхана чикмеççĕ-ха. Пирĕн активистсем, акă, «Шимкусский» совхозпа «60 лет Октября» колхозра ăратлăха лайăхлатас, çамрăк выльăхсене упраса хăварас тесе кирлĕ пек тăрăшманнине курса ĕненчĕç. Анчах контролерсен сĕнĕвĕсене шута илни сисĕнсех каймасть-ха.

Кĕрхи уйăхсенче колхозсемпе совхозсенче, хатĕрлевпе суту-илӳ, продукци тирпейлекен предприятисенче çĕрулмипе пахчаçимĕçе йышăнма, реализацилеме тата упрама мĕнле хатĕрленнине массăллăн тĕрĕсленĕ. Апат-симĕç продукчĕсене суту-илӳпе обществăлла апатлану предприятийĕсенче çителĕклĕ хывса хăварчĕç, типтерлĕ сыхласа упрама мерăсем йышăнчĕç. Халĕ çав çимĕçсем магазинсенче, столовăйсемпе кафесенче çителĕклĕ.

Ĕç ăнăçлăхĕ кадрсенчен килет. Иртнĕ çулхи отчетпа суйлав пухăвĕсем хыççăн группăсемпе постсен ĕçне пусаруллă активистсем нумай хутшăнчĕç. Чи малтан эпир вĕсене хăшпĕр хуçалăхсенчи группăсен паха опычĕпе паллаштарма шутларăмăр. Çак тĕллевпе нумай пулмасть «Кубникский» совхозри группа обществăлла организацисемпе мĕнле сыхăну тытса ĕçленине тишкертĕмĕр. Вĕренмелли сахал мар пулчĕ. Совхоз вăй илсе пынинче вырăнти дозорнăйсен тӳпи пысăккине çĕнĕрен суйланă активистсем хăйсен куçĕпе курса ĕненчĕç.

Хуçасăрлăха пĕтерес ĕçре усçăнлăх паллă вырăн йышăнать. Çавăнпа хамăр мĕнмĕн туса иртернине, ӳлĕмрен мĕн тума хатĕрленнине ĕçсыннисене анлăн пĕлтерсе тăратпăр. Халăхпа пĕрле ĕçлесен кăна çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерсе пыма май килĕ.

И. ДМИТРИЕВ,
Тăвай районĕнчи халăх контроль комитечĕн председателĕ.

*«Сывлăх» программа*

# СЎТСЕ ЯВНИПЕХ ÇЫРЛАХНĂ

КПСС XXVII съезчĕ социалла пурнаçа тĕпрен çĕнетсе улăштарас тĕллевпе апла программа палартрĕ. Ăна пурнăçласа, Элĕк районĕнче «Сывлăх» программа туса хатĕрленĕ. Вăл вăççĕмĕш çул ĕçлет. Çавăн хыççăн 100 выранлă стационара, районти аптекăна хута янă, хирурги уйрăмĕ пулнă çурта тĕпрен юсаса, ача çуратмалли уйрăм туна, ытти уйрăмсен корпусĕсене тĕпрен юсанă, фельдшер пункчĕн 2 çуртне, участокри больницăпа врач амбулаторийĕ çумĕнчи аптекăсене, ялсенче 3 амбулатори туса лартнă, фермăсенче 7 медпрофилактори ĕçлет. Элĕкри вăтам шкул çумĕнче ача-пăчапа çамрăксен спорт шкулне уçнă.

Юлашки çулсенче медицина пулăшăвне аталантарасси çине тимлĕ пăхни палăрать. Поликлиникăра 30 выранлă кардиологи уйрăмĕпе кабинечĕ, 10 выранлă травматологи уйрăмĕ, ялсенчи амбулаторисенче, фельдшерпа акушер пункчĕсем, Кĕçĕн Тăвайти вăтам шкулта стоматологи кабинечĕсем уçнă.

Ача çуралассин 2 процент ÿснĕ, ĕçлеме пултаракансем вилесси 10 процент, чирлесе вăхăтлăхă ĕçлеме пултараймансем 6,2 процент чакнă.

Районта 10 пин çын пуçне 14,9 врач, вăтам пĕлÿллĕ медработниксем 91,9, 144,3 койка тивет.

Васкавлă пулăшу ĕçĕ лайăхланнă. Икĕ çĕрте васкавлă медицина пулăшăвĕн участокĕсене уçнă.

Колхозсемпе совхозсенче çынсен ĕç условийĕсене лайăхлатма хăтлăр ĕçсем тăвассă. 468 выранлăх гардеробсем, 49 выранлăх душевойсем, 2 прачечнăй, 329 выранлăх столовăйсем, 7 сауна, 7 медпрофилактори, 11 буфет, 55 капу пÿлĕмĕ, ĕç тумтирĕ типĕтмелли 10 установка пур. Малтанхи вăхăтра саунăсемпе капу пÿлĕмĕсем йĕркеллех ĕçлемен. Халĕ вĕсем хăйсен пĕлтерĕшне çухатса пырассĕ. Чылай çĕрте душевойсемпе саунăсем тĕрлĕрен ăпăр-тапăрпа тулса ларнă. Кун пекки «Иргунькасинский», «Аликовский» совхозсенчи, «Правда», «Таутово» колхозсенчи фермăсенче курма пулать. Кирек хăш фермăна пырса кĕр — тÿрех хĕрлĕ кĕтессемпе капу пÿлĕмĕсенче тата мар тумтирпе ата-пушмака, çÿп-çап купипе асăрхатăн. Çĕнĕ хаçат-журнал çук.

РАПО совечĕпе отраслĕн профсоюз райкомĕ, хуçалăхсен руководителĕсемпе профкомсем выльăх-чĕрлĕх фермисемпе мехпаркĕсенче ĕçлекенсем валли йĕркеллĕ условисем туса парас тесе тăрашмассă мар. Ку ыйтупа 1988 çулхи июльте ятарласа постановлени йышăннă. Унпа килĕшÿллĕн, кашни хуçалăхра 1988 — 1990 çулсенче выльăх-чĕрлĕх пăхакансемпе механизаторсен çурчĕсене тума, ахаль ларакан çуртсене социаллă-культурăллă объектсем валли уйăрма, ĕçе икĕ сменăпа йĕркелеме палăртнă. Çак постановленин пурнăçлассипе «Правда», «Звезда» колхозсенче, «Шумшевашский», «Выла» совхозсенче хăшпĕр ĕçсем туса иртнĕрессĕ. «Молния», «Прогресс» колхозсенче, «Аликовская» строительство организацийĕнче, «Агропромхимия» пĕрлешĕвĕре медпрофилакторисемпе саунăсем тума тытăннă. Çав хушăрах Ульянов ячĕпе хисепленекен, «Волга» колхозсенче, «Сормхинский» совхозра ĕççыннисен ĕçпе йăла тата кану условийĕсене лайăхлатас тесе нимех те тумассĕ.

Ял çыннисен сывлăхне сыхлас, «Сывлăх» программăна пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе Ульянов ячĕпе, Калинин ячĕпе хисепленекен, «Динамо» колхозсенче, «Яргунькинский», «Питишевский» совхозсенче пысăк çитменлĕхсем пур. «Аликовский» совхозра ача сачĕпе пурăнмалли çурт-йĕр, «Сормхинский» совхозпа «Таутово» колхозра суту-илÿ предприятийĕпе йăла çурчĕ тăвасси вăраха тăсăлать.

Кăçал кашни хуçалăхрах ача сачĕсем пулмалла. Çак тĕллевпе пурнăçлас тесен, вĕсене 11 хуçалăхра тумалла. «Яргунькинский», «Выла» совхозсен, Калинин ячĕпе хисепленекен, «Авангард» колхозсен çакна валли лайăх майсем пулнă. Шел пулин те, ку хуçалăхсем вĕсемпе тÿлли усă курайман.

Халлĕхе районти хуçалăхсенче йывăр ĕçсене механизацилесси япăх пырать. Уйрămах ку выльăх-чĕрлĕх ĕрчетнĕ çĕрте палăрать. Ене выльăх фермисенче шыв парассине 92 процент, апат валеççессине 52 процент, тислĕк кăларассине 64 процент çеç механизацилене. Сысна фермисене комплекслă механизацилесси те юлса пырать. Тÿрех калама, ку ыйтусемпе агропромышленность пĕрлешĕвĕн тата хуçалăхсен инженери службисем ытла та çаврăнăçусăр ĕçлессĕ. Халĕхи вăхăтра Ульянов ячĕпе хисепленекен колхозра ĕнесене пурне те (234 пуç), «Яргунькинский» совхозăн Крымсарайкăри фермипе 130 ĕнене, «Сормхинский» совхозăн Чăваш Сурăмĕнчи фермипе 50 ĕнене аллăпа сăваççĕ. Ульянов ячĕпе хисепленекен колхозра тислĕк кăларассине пĕр фермăра та механизацилемен, хĕл кунĕсенче вĕсенче шыв пăрахĕсем ĕçлемессĕ.

— Юлашки вăхăтра пирĕн ĕçпе йăла условийĕсем лайăхланчĕç, — пĕлтерет РАПОн юсавпа техника предприятийĕн директорĕ К. К. Ефремов. — Предприятире 2 сауна, душевойсем пур. Котельнăй реконструкцилени юнашарти çуртсене те, производство объекчĕсене те ăшă шывпа тивĕçтерме май пачĕ. Анчах шоферсем валли тумтир хывса тăхăнмалли пÿлĕм çук.

Кĕскен каласан, «Сывлăх» программа вăраххăн пурнăçланса пырать. Районти тĕп больницăра, акă, апат-çимĕç блокне иккĕпе те хута яраймассĕ. Врачсем хатĕрлессин çителĕксĕр пырать, хуçалăхсен тÿчĕпе çамрăксене вĕренме ярасси пурнăçланмасть. Кадрсем тĕтăшах улшăнса тăраççĕ. 1986 çултанпа районтан 12 врач тухса кайнă. Çынсем çитменнипе тата пÿлĕмсем çукнипе водогрязелечебница, иглорефлексотерапи кабинечĕсене ĕçе яраймассĕ.

Çынсен сывлăхне сыхлассипе, ĕç, пурнăç, кану, йăла условийĕсене лайăхлатасси — парти организацийĕсем, хуçалăхсемпе профкомсем пĕрле тумалли ĕç. Ку ыйтăва КПСС райкомĕн бюровĕнче тата агропромышленность комплексĕнче ĕçлекенсен профсоюз райкомĕн пленумĕнче те пăхса тухрĕç. Апла пулсан, «Сывлăх» программăна пурнăçлама пĕтĕм вăй хумалла.

В. ПАВЛОВ.

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Калаçусене малалла тăсмалла

КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. С. Горбачев Литва ССРĕнче пулнин итогĕсене тĕнчери массăлла информаци органĕсем малалла сÿтсе яваççĕ. Урăх çĕршывсенчи обозревательсем Литва çĕрĕ çинче совет халăхĕн юлашки вунăçуллăхсенчи пĕтĕм пурнăçне тăрăх тишкерсе тухмалли процессем пуçланнине палăртаççĕ. Хаçатсем М. С. Горбачев Литвăра каланă сăмахсене пичетлесе каларăççĕ, вăл нацисене салатса ярас выранне ССР Союзне сыхласа хăварма кирли çинчен тĕплĕн ĕнентерсе калани шухăшсене илсе кăтартаççĕ. Литва ССРĕнчи дискуссисен итогĕсене хаçатсем тĕрлĕ майлă хаклаççĕ.

ЛОНДОН. «Санди таймс» хаçат çапла шутлать: М. С. Горбачев Литвăна кайса çÿрени ăнăçлă пулчĕ, мĕншĕн тесен вăл Литва никама пăхăнман государство пулса тăрас ыйтăва тĕплĕн шухăшласа татса пама хатĕр пулнине кăтартса пачĕ. Балтика тăрăхĕнчи çак республика ССР Союзĕнчен хăварт уйрăлас пулсан унăн умне мĕнле проблемăсем тухса тăма пултарассине палăртса, хаçат çапла çырать: «Виçĕ миллион çын пурăнакан республика Совет Союзĕнчен пĕтĕмĕшпех уйрăлас пирки пулăшласан хĕллехи çак сивĕ кун чун çÿçенет».

ВАШИНГТОН. «М. С. Горбачев Литва никама пăхăнман государство пулса тăмалли процеса чарса тăрас тĕллевпе çак республикăна кайса çÿрени ăнăçлă е ăнăçсăр пулнине çитес уйăхсем кăна уçăмла кăтартса парĕç», — тесе çырать «Нью-Йорк таймс» хаçатăн Мускаври корреспонденчĕ.

«Вашингтон пост» хаçатăн редакци статйинче çапла каланă: «Результатсем мĕнле пулассин халлĕхе паллă мар пулин те, Горбачевăн Литвари тĕлĕнмелле çаврăнăçулла ĕçĕсем вăл Совет Союзĕн авторитетлă представителĕ, Кремльти политика тĕлĕшĕнчен пысăк асла пĕртен-пĕр деятель пулнине, ССР Союзĕн малашлăхĕ мĕнле пулассине уçăмлă курса тăнине çирĕплетсе пачĕç».

ПАРИЖ. «М. С. Горбачев Литвăра пулнă вăхăтра юлашки самантченех литовецсене хăйĕн тезисĕсем тĕрĕс пулнине ĕнентермешкĕн мĕн тума май пуррине пĕтĕмпех турĕ, — тенĕ «Антенн-2» телепрограмма обозревателĕ. — Вăл литовецсене ССР Союзĕнче тата çепетÿ çулĕ çинче май килнĕ таран ытларах ирĕклĕх пама кирлине палартрĕ».

ТОКИО. Совет Союзĕ хăйĕн наци ыйтăвĕсене хăй татса пама тивĕçлĕ пулнине палăртса, «Майнити» хаçат ССР Союзне Литвăра тухса тăнă проблемăсем тĕлĕшпе васкавлă решенисем йышăнасрăн сыхланма чĕнет. «ССР Верховнăй Совечĕн Председателĕн М. С. Горбачевăн тата совет çыннисен нимĕнле йывăрлăха пăхмасăр калаçăва малалла тăсма тата çынсене политикăллă меслетсемпе усă курса ÿкĕте кĕртме малашне те пысăк вăй хурса кĕрешмелле», — тесе çырать «Асахи» хаçат.

(ТАСС).

# «КУÇ УМĔНЧЕН ТАСАЛТĂР...»

**Çакăн пек хаçат татрĕ хĕрлĕ кĕтесе пухăннисенчен пĕри, пурте шăпланса калаçма тытăнсан.**

**— Мĕн чухлĕ калаçмалла тата! Çитет, тек ура те ярса пусмастăп пуху таврашне. Вĕçĕ пулмалла ку ыйтăвăн.**

**Ыйтăвĕ вара, чăннипех те, пăшăрхантаракансем, шухăша яракансем: пĕччен çын коллектив умĕнче мĕнпе айăпа кĕнĕ-ха!**

Çулталăк вĕçĕнче редакцин Муркаш районĕнчи «Передовик» совхозăн Хачăк Салинчи сĕт-çу фермишче ĕçлекенсен пĕр ушкăнĕ алă пуснă çакăн пек çыру илчĕ:

**«Пирĕн фермăра августра Мария Семеновна Андреева ĕçлеме пуçларĕ. Ăна пушмак парусен ушкăнне пачĕç. Хăйен ĕçне йĕркеллех туса пычĕ. Анчах та коллективра хирĕçÿ тухма пуçларĕ. Кайрахпа, усăмран ярса каласан, çака палăрчĕ: вăрçтаранăнни вăл пулнă. Ун хыççăн вăл айланчĕ пулмалла, пурте лăпланса ĕçе тытăнчĕç.** [illegible]

[illegible]

мĕн каласшăн, тĕрĕссех-и çака? Çук, чылайăше куçне тартать, теприсем пуçне чикессĕ, вăççĕмешĕсен маншăн пурпĕрех текен сан-пит. Мĕн ку, куçран ÿкессрен хăрани-и е айккинче юлма тăрăшни? Шавлакаласа илчĕç пулин те уççăн калас текенсемех пулмарĕç.

— Аннаăр-ха юлташсем, тĕрĕс тумастăр эпир. Мĕншĕн тата куçран калама хăраса тăратăр? — тÿсеймен енне сиксе тăрать главнăй [illegible] на Миронова. — Андреевăн ĕçне [illegible]

секретарĕн ыйтăва çакăн пек тÿррĕн лартма.

М. Андреева айлантарса панине шута илесшĕн пулмарĕ пуху. Чăннипех те вăл сĕт нарланă-и? Уччен те çакăн пекки пулнă-и? Аиланать-и вăл хăйĕн йăнăшне? Пулмарĕ çакăн çинчен сăмах.

«Андреевăна ĕçрен кăларасси пирки сасăлас, вăрттăн сасăлас», — сĕнет президиум. Çавăн пек тăваççĕ те. Вăрттăн сасăласа пухăннисенчен чылайăшĕ М. Андреевăна ĕçрен кăлармалла тесе йышăнать, Р. Мостовăна заведующирех хăварас, теççĕ.

Çынна, вăл йăнăшать пулсан, тÿрлетес, такăнать пулсан, пулăшас чух ытла та çăмăллăн татса параççĕ-çке [illegible]

Çук-ха, пĕр саслăн тени тĕрĕс мар. Иккĕленекен, чун хушнă пек тума тăрăшакан, хăйлăх çитерекен çын та пулчĕ — Галина Казакова [illegible]

[illegible]

Фермăна куçма, выльăхсен кĕтĕвне йышăнма та хăех сĕннĕ вĕт Роза Петровна. Çын çук вăхăтра çак ĕçе килнешĕн сахал мар тав туса, ырласа калаçнă вăл.

Унччен ача садĕнче ĕçлепĕскер, Мария Семеновна çак йывăр ĕçе çăмăллине шыраса пыман, укçи-тенки пирки те шухăшлама тивнĕ, машăрĕпе пĕр ĕçре пулас, ăна хăй «ытла таса ĕçре» кăна мар, çаканта та ĕçлеме пултарнине ĕнентерес тени те пулнă ăшра. Ыттисем ĕçленине пăхса, сăнаса, вĕренме тăрăшнă. Енесем парулана вăхăтра çĕрне-кунне пĕлмесĕр тенĕ пек фермăран тухмани те пулнă. Çапах та тахăш вăхăтра заведующипе доярка хушшинче хура кушак чупса иртнех.

Йывăр лара хирĕçÿллĕ енсене итлесси, ăнланасси, пулăшасси. Херхенес те, вăвăхăт-вăхăтра хыттăнах калас та килет. Анчах тарăна кайнă çак хирĕçÿвĕн вĕçне-хĕрне анкран килнĕ çынна мар, хăйсенех татса пама тăрăшмалла пулĕ.

Руководителĕн, вăл кирек хăш сыпăкра ĕçлет пулсан та, ыттисемшĕн тĕслĕх пулмалла, коллектива таса та тĕрĕс çулпа илсе пымалла. [illegible]

[illegible]

## ДОКУМЕНТСЕМПЕ МАТЕРИАЛСЕМ

«М. С. Горбачевăн Италире тата Ватиканри визичĕсем, 1989 çулхи ноябрĕн 29-мĕшĕ — декабрĕн 1-мĕшĕ: документсемпе материалсем» брошюра пичетленсе тухнă.

Унта Совет Союзĕпе Итали хушшинчи калаçусем, икĕ енлĕ документсемпе пĕрлехи деклараци çине алă пусни, совет руководителĕ Италири ĕçлĕ ушкăнсемпе финанс ушкăнĕсен представителĕсемпе тĕл пулни çинчен отчетсем, М. С. Горбачев Ватиканра тухса калаçни, ытти документсемпе материалсем кĕнĕ.

(ТАСС).

## КОМПОЗИТОРСЕН СЪЕЗЧĔ ВĔÇЛЕННĔ

Январĕн 15-мĕшĕнче Мускавра РСФСР композиторĕсен VI съезчĕ вĕçленнĕ. Унта хутшăннисем творчество союзĕн [illegible] ĕçленине тата унăн малашлăхĕсене сÿтсе явнă, организаци Уставне йышăннă, РСФСР Композиторсен союзĕн ĕçлакен органĕсене суйланă. [illegible]

## Парти конференцийĕн итогĕсем

БЕРЛИН, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Куçта Демократиллĕ Германи Республикинчи социал-демократсен конференцине иртгерне. Социал-демократсем нумай решенисем йышăннă. Çав шутра партин çĕнĕ ячĕшĕн сасăланă. Малашне парти ячĕ çапла пулать: Германири социал-демократсен партийĕ (СДПГ). Парти пирвайхи утамсем çеç тăвать-ха. Ăна пĕлтĕрхи октябрĕн 7-мĕшĕнче туса хунă. Хальхи вăхăтра парти членĕсен йыше 32 пин çынна çитнĕ.

Парти çĕршыври влаçа хăйĕн аллине илмĕ шутлать, мĕншĕн тесен вăл влаçпа унран лайăхрах усă курма пултаракан вăй урăх çук, тесе шутлать. СДПГ йĕркеленсе, çирĕпленсе çитмелли процесс вĕçленмен-ха. Анчах чи кирлĕ хăшпĕр ыйтусем тĕлĕшпе парти хăйĕн позицийĕсене палăртма ĕлкĕрнĕ. Парти заявленийĕнче çапла каланă: социал-демократсем нимĕç нацийĕн пĕрлĕхĕшĕн кĕрешессĕ, вĕсен тĕллевĕ пĕрлĕхлĕ Германи туса хурасси пулса тăрать. Анчах çак процесс пĕтĕм Европари процеспа тача çыхăнмалла, ăна кÿршĕ государствăсемпе килĕшсе пурнăçа кĕртсе пымалла. Кÿршĕ государствăсен чиккисем пирĕншĕн никам тĕкĕнеймен çирĕп чиксем пулса тăраççĕ. Эпир мирпе хăрушсăрлăха çирĕплетме тăрăшатпăр, тенĕ документра.

## Суту-илĕве аталантарассишĕн

ТОКИО. (ТАСС). Кăнтăр Корея Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе тÿррĕмĕнех суту-илÿ тăвассине аталантарассишĕн кĕрешет. Çакăн çинчен Кăнтăр Корея правительствин пысăк вырăнта ĕçлекен представителĕ пĕлтернĕ. Пытармалли çук ĕнтĕ, хальхи вăхăтра икĕ çĕршыв хушшинчи пысăк мар суту-илÿ виççĕмĕш государствăсем урлă, уйрăмах Японипе Гонконг урлă [illegible] теме вăл. Пирĕн шутпа, çав меслете парахăçламалла та икĕ çĕршыв хушшинче ĕçлекен сыхăнусем йĕркелесе ямалла. Кăнтăр Корея правительстви çакна çынсем пĕр-пĕринпе çыхăну тытассине аталантармалла [illegible] экономикăна аталантарма икĕ енĕ те укçа хывмалли лайăх меслет вырăнне хурать.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин валюта сахал пулнине шута илсе, Кăнтăр Корея унăн таварĕсене пысăк хакпа туянма, хăйĕн продукцине ăна чылай йÿнĕрех хакпа сутма хатĕр, тенĕ Кăнтăр Корейăн министрсен кабинечĕн представителĕ. Уйрăм çынсен аллинчи компанисене эпир [illegible] термашкĕн ятарла фондран пулăшма хатĕр. Çав фонда эпир Çурçĕрпе Кăнтăр килĕштерсе çĕклессине йĕркелесе ямашкăн пулăшма туса хунă. Хальхи вăхăтра Кăнтăр Корейăпа КНДР 21,5 миллион доллар-лăх суту-илÿ тăвассĕ.

## ПАП агентстви пĕлтерни

[illegible]

## КĔСКЕН ТЕМТЕПĔР

### Кушак-наркоман

ЛОНДОН. Кăнти выльăх-чĕрлĕх çулсем иртнĕçемĕн хăйĕн хуçи пек пулса каять, теççĕ.

Голландири Лауверсэйль поселокĕнче пурăнакан пĕр кушак 7 çул хушшинче наркотиксене хăнăхса çитнĕ. Унăн хуçи пуçа минретекен çак хăрушă наркотика пĕччен йышăнма хăнăхман пулмалла. Вăл хăйĕн юратнă кушакне те пĕчĕкшерĕн укол туса пынă. Кушак часах наркотика хăнăхнă, унтан вара хупсерен хăйĕн порцине ыйтма тытăннă. Кÿршĕсем çак чĕрчун тайкаланса утнине, унăн куçĕсем вут-хĕмпе çуннине асăрханă, çакăн çинчен килти чĕрчунсене сыхлакан обществăн вырăнти уйрăмне пĕлтернĕ. Унти сотрудниксем наркотикпа минренĕ кушака тытма, унтан вара выльăх-чĕрлĕхе сиплекенсем тухтăрсем патне ăсатма пулмаĕ вăй хунă.

Чылай вăхăт хушши «ирĕксĕрлесе сыватнă хыççăн» Стаффи кушак сывалма тытăннă, кăштах самăрăлнă та.

### Хĕрĕх çул иртсен

ДЖАКАРТА. ... Раджа тата унăн çар начальникĕсем тусем çинчен анна. Вĕсем çинче [illegible]

*Критикăпа библиографи*

# ПАЯНХИ ШАЙРАН ПĂХСА

ЧĂВАШ наука тĕпчев институчĕ юлашки вăхăтра кăларнă «Чăваш халăх сăмахлăхĕ» тата «Чăваш литератури: поэтикăпа стиль ыйтăвĕсем» статьясен пуххисем ку таранччен тухнисенчен икĕ енпе уйрăлса тăраççĕ. Çак кĕнекесене кĕнĕ статьясене пĕрлештерсе тăракан енсенчен пĕри — вĕсене çĕнетӳ варкăшĕпе хавхаланса çырни, пичетленекен тĕпчевсемпе текстсем уççăнлăх тапхăрĕнче тухни. Курăр-ха, камсен пултарулăхне тĕпченĕ кунта: Г. Комиссаровăнне, А. Миллинне, М. Юманăнне, В. Рсайăнне... Темиçе çул каярах çеç-ха çак ятсене асăнма та пикленнĕ. 30-мĕш çулсенче вăй илнĕ тӳнтер социологизм ку енĕпе сыхă тăнă. Çак кĕнекесем куя çути курни сыхнă критиксен ĕмĕрĕ истори кустăрми айне пулнине, пурнăçăмăра кĕретлĕх кĕрсе пынине кăтартать пулĕ. Çакна «Чăваш халăх сăмахлăхĕ» кĕнекере пичетленнĕ «Чăваш фольклорĕпе литература вĕрентĕвĕ» статья шăпи лайăх çирĕплетсе парать. 20-мĕш çулсен вĕçĕнчех çырнăскер, вăл ниçта пичетленеймесĕр паянхи куна çитиччен архивра выртнă. Авторне — Г. Комиссарова — тĕрлĕ майпа айăпланă. Çакăнтах пичетленнĕ текстсене (вĕрӳ-суру, кĕлĕ тата пил сăмахĕсене) вара «Чăваш халăх сăмахлăхĕн» 6-мĕш томнех кĕртме хатĕрленĕ пулнă, анчах идеологи сыхчисем тăрăшнипех пичетлеме май килмен.

Кĕнекесен тепĕр ырă енĕ — тĕпчевсемпе юнашар ăлемлĕ текстсем пичетленни, авторсем текстпа, çыравçă алçырăвĕпе усă курса ĕçлени. Тĕпчевсен вĕçĕнче хушса пани пур. Çакă поэтсен паллах мар хайлавĕсемпе паллашма çеç мар, статья авторĕсен тишкерĕвне тĕрĕсрех хак пама та пулăшать.

«Пытаннă сăнарлăх» статьяра В. Чекушкин чăвашла усăмсăр текстлă тупмалли юмахсене тутарла вуласа пăхать, вĕсене чăваш чĕлхин саккунĕсене пăхăнса йĕркеленине асăрхать. Автор тупнă тĕпчев, тишкерӳ мелĕ хăйнеевĕрлĕ. Тĕпчевçĕ ыйту çине çĕнĕлле пăхать, интереслĕ тишкерӳ мелĕ тупнă, çак тĕпчев пĕлтерĕшĕ те пысăк.

КĔНЕКЕН иккĕмĕш пайне Г. Юмарт тĕпчевçĕ чĕлхе, кĕлĕ, пил сăмахĕсене пуçтарса хатĕрленĕ. Кирек хăш халăх та сăмахĕн асамлă хăватне ĕненсе пурăннă. Калăпăр, пĕр-пĕр сын чирлесе ӳкессĕн, чиртен сыватма пĕлекен сынсене (вĕрӳçĕ, юмăç) чĕлхе вĕртернĕ, суртарнă е сӳлтя вăйçинчен ыйлăх-сывлăх ыйтса, кĕлĕ сăмахĕсем каланă. Тахçан авал чĕлхе тата кĕлĕ сăмахĕсем пĕр-пĕринчен нимĕнпе те уйрăлса тăман, вĕсем суртсантăлăкри тĕрлĕ вăйсемпе хутшăннă самантсенче калананчен йĕркеленсе кайнă иккен. Чĕлхесĕсем каланă тăрăх, кĕлĕ тата [illegible]

Кĕнекере пĕтĕмпе 43 чĕлхе (вут, куç, тимĕр, пуççавăру...), 71 кĕлĕ (уй чӳкĕн, çурт хăтланă, çĕр вăрланă чухне калани...), 5 пил сăмахĕ (туй халăхне, çĕнĕ мăшăра пиллесе каланă сăмахсем). Кашнин хăйĕн историйĕ. Тĕслĕхрен, хĕрт-сурта асăнса каланă кĕлĕсенчен пĕрне А. Егоров 1870 çултах çырса илнĕ. Халăх сăмахлăхĕн тĕслĕхĕсене тĕрлĕ сĕрте — Чăваш сĕрпывĕнче, Тутарта, Самар, Чĕмпĕр енче, Ашмарин, Магницкий, Золотницкий тата ытти паллă тĕпчевçĕсемпе сăмахлăха пухса упраса хăварма ăнтăлнă çынсем çыра-çыра илнĕ. Вĕсем тăрăшнипе эпир паян тăван халăхăмăрăн илемлĕ сăмахлăхĕпе паллашма, унăн аталанăвне танлаштарса тĕпчеме пултаратпăр. Чĕлхе, кĕлĕ, пил сăмахĕсем халăхăмăрăн илемлĕ культури, поэзири ĕсталăхĕ сĕм авалтан аталанса пынине, пуянланнине ĕнентерсе парасçĕ.

Илемлĕ литературăна вульгарлă социологизм куçĕпе пăхса хаклани, писатель пултарулăхне идеологи енне туртни, ăна догмăлла меслет картине хӳтерни литературăмăра чылаях наркăмăшларĕ ĕнтĕ. Çирĕммĕш çулсен вĕçнелле литература социологийĕн вĕрентĕвне, унăн уйрăм ыйтăвĕсене йăнăш аталантарса сутатни писатель пултарулăхне тĕрĕс мар ăнлантарни патне илсе çитерчĕ. Кунта, чи малтанах, марксизм вĕрентĕвĕн литература класлăхĕн ыйтăвне пĕр енлĕн, догмăлла пăхнине палăртса хăвармалла пулĕ. Шăпах çакă çыравçăсене айăпламалли, вĕсен хайлавĕсене халăха кирĕçле тесе хак памалли виçе пулса тăрать.

Октябрь революцийĕ хыççăнах писательсенчен нумайăшĕ шыравра пулнă-ха, литературăмăра çĕнетес, ăна халăха çывăхрах тăвассишĕн тăрăшнă. Писатель пултарулăхĕнчи çĕнĕлĕхе, шырава асăрхаймасăрах, айăпламалли сăлтав туса хураççĕ тӳнтер социологсем. Тăшмана, халăха хирĕçле мĕнле ĕçсем тунă вара пирĕн чăваш писателĕсем: Мĕтри Юман, А. Миллин, Г. Комиссаров, Митта Васлейĕ, П. Хусанкай тата ыттисем. Çак ыйтăва татса парас тесен, пирĕн 20—30-мĕш çулсенчи писательсен пултарулăхне тĕплĕнрех тĕпчесе, халиччен пичетленнĕ текстсене алçырусемпе танлаштарса пăхас пулать. Тĕпчев институчĕ кăларнă «Чăваш литератури: поэтикăпа стиль ыйтăвĕсем» статьясен пуххи ку тĕлĕшрен пĕрремĕш утăм тесен те йăнăш пулмĕ.

«ЧĂВАШ литература вĕрентĕвĕн малтанхи утăмĕсем» статья авторĕ — В. Родионов — пире чăваш литературоведенийĕ чи малтан фольклористкăран уйрăлса тухатланни çинчен калать. Унта çав наукăна йĕркелеме пулăшнă тĕпчевçĕ — Г. Комиссаровăн [illegible]

таранччен те вĕçне çитиччен татса паман ыйтăвĕсенчен пĕри — академиллĕ литература вĕрентĕвĕпе литература критики хушшинчи уйрăмлăхсем çинчен те калаçать.

Паянхи тĕпчевçĕсене 20-мĕш çулсенчи литература уйрăмах хытă интереслентерет, мĕншĕн тесен çĕнетӳ вăл тапхăрти литература çине çĕнĕлле пăхма, ăна объективлă хак пама хистет. Чăваш литературинче тивĕçлĕ хак паман произведенисем, тĕпчесе пĕлмен ыйтусем пайтах. Ю. Яковлев, «20-мĕш çулсенчи чăваш калавĕн хăшпĕр уйрăмлăхĕсем» тата «В. Рсайăн пултарулăхĕ» статьясенче И. Тăхтин, Исаев Мĕтрин, Хума Çеменĕн, çав тапхăрти ытти çыравçăсен пултарулăхне тишкерет, чăваш калавĕнчи натурализм, психологизм, философи, гуманизм уйрăмлăхĕсене палăртать.

К. Кириллов «Айдар» драмăн малтанхи вариантне тĕпчет. П. Осиповăн çак драмине тĕрлĕ вăхăтра тĕпчевçĕсем тĕрлĕрен ăнлантарнă. Пĕрремĕш вариантпа танлаштарсан, халиччен пичетленнĕ вариантсене тĕпрен улăштарса сĕнетнин сăлтавне тĕпчевçĕ 30-мĕш çулсенче литературăри официалла политикăра, социализмла реализмăн принципĕсем литературăна пурнăç çине хăйне кирлĕ пек пăхтарма тăрăшнинче курать. Тĕпчевçĕсем П. Осипов пьесинче «социаллă-класлă содержани», «класс кĕрешĕвĕ» шыратчĕç куталанччен. Анчах пьесăн пĕрремĕш варианчĕ куя пек пĕтĕмлетӳ тумалли сăлтавсем суккине кăтартса парать, хайлавăн тĕп идейипе унта ӳкерсен нĕ вăхăта пачах урăхла курма май парать.

А. Миллин йĕркеленĕ «Чăваш çыравçи ушкăнĕ» çинчен вулакансем «Тăван Атăл» журналта вуласа пĕлчĕç пулĕ. Тăван литературăри çакăн пек халиччен пĕлсех кайман ытти пулăмсем, ятсемпе хайлавсем çинчен вуласа пĕлме пулать çак кĕнекере. Статьясен (тĕпчевсен) вĕçĕнче «Устав чувашского литературного общества», «Айтар» драмăн пĕрремĕш варианчĕ (пĕрремĕш хут пичетленет), Юман Мĕтрин «Шевле вылять», «Атăл юрри», «Нарспи» сăввисене хушса панисем пур. Кунсăр пусне, Г. Юмарт Çеçпĕл юбилейĕ тĕлне пухса хатĕрленĕ, аслă поэтăмăр пултарулăхне кăтартакан ĕçсен кĕске библиографине кĕртнĕ.

НУМАЙ çул хушши паян культурине аталанма май памасăр, ăна хĕсĕе пурăнни мĕн патне илсе çитернине паян пурте лайăх куратпăр ĕнтĕ. Тинех чăваш чĕлхи те вырăс чĕлхипе танах аталанмалла, пĕр тан правалă пулмалла тетпĕр. Халăх сăмахлăхне те, литературăри манăçа тухнă ятсемпе хайлавсене те вулакан патне çитерес тесе тăрăшмалла паян.

[illegible]

*Ӳкерчĕк çинче:* вице хутчен Олимп чемпионĕ Владислав Третьяк Арменири çĕр чĕтреннĕ вăхăтра тата автоавари лексе суссăрланнă, халĕ Тбилисире пурăнакан Нато Чиковнние Канадăран илсе килнĕ çĕнĕ йышши инвалид коляскине парнелет.

О. Булдаков фотоӳкерчĕкĕ.

(ТАСС).

# ИНКЕК ИРТСЕХ ПĔТНĔ-И?

**Иртнĕ çул вĕçĕнче Вăрнарти хими заводĕнче БИ-58 текен наркăмăшлă препарат пăсланса тухнă. Вăхăт самаях иртрĕ пулин те, мĕнăçа хăварма иртерех çак пĕтĕрмаха. Хăрушă инкек патне илсе çитерме пултарнă вăл...**

Чăваш АССР çутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен Государство комитечĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ И. И. Николаев куп пирке çапла каласа парать:

— Декабрĕн 16-мĕшĕнче Вăрнарта пурăнакансем сывлăшра ырă мар шăршă пуррине туйса илнĕ. Малтанах вĕсем, поселок çумĕпе иртекен газ пăрăхĕ çурăлса каймарши, тесе шутланă. Сăлтавĕ вара урăххинче пулнă: хими заводĕнче БИ-58 концентрат пăсланма тытăннă иккен. Сывлăша фосфамид, ксилол, циклогексанон текен наркăмăшлă газсем тухса тулнă. БИ-58 текен препарата ГДРтан илсе килеççĕ, унпа пĕрчĕллĕ фамидофос туma усă кураççĕ. Ялхуçалăхне сăтăр кӳрекен хурт-кăпшанкăсене пĕтерме кирлĕ вăл.

200 литр кĕрекен пичкесемпе тата 20 литрлă флягăсемпе турттарса тăраççĕ. 25 кубометрлă икĕ савăтра упранă çак препарата заводра. Анчах та упрамалли мĕнпур йĕркесене хӳмсĕрĕн пĕсса пынă. Сутă та, хĕвел пайăркисем те ӳкме юрамасть БИ-58 упракан савăтсем çине. Кунта вара вĕсем усă вырăнта ларнă. 7 градус сивĕпе тăнать çак концентрат. Савăтра йăна хĕлле ăшăтса тăнă. Пĕрре усă курнă пĕса пăрăхсемпе илсе пынă савăтсем патне... [illegible] денсат температури — 90 градус. Йĕркесĕрлĕхсем тем чухлех ĕçре. Вĕсенчен пĕри — температурăна тĕрĕслесе тăмалли приборсем пулманни.

БИ-58 концентрата 30 градусран ытла ăшăтса яма юрамасть. 60 градуса çитсен концентратра пĕрлешнĕ шĕвексем пĕр-пĕринчен уйрăлма тытăнаççĕ, 90 градусран иртсен вара пăсланнă газсем сывлăшпа пĕрле сирпĕнсе кайма та пултараççĕ. Паллах, Вăрнарта, телее, куп пек пикев пулман. Анчах пĕр савăтĕнчен 0,8 тонна наркăмăшлă газ тухса, тавралăха хупласа хунă. Ăша пăтратнă, сывлăша пулнĕ.

— Мĕнле майпа чарса лартма пултарнă-ха аварие?

— Çăмăл пулман. Аварие хирĕç кĕрешме комисси йĕркеленĕ. Гражданла оборона, пушар хуралĕн вăйĕсене чĕнсе илнĕ. Пăс пырса тăракан пăрăхсене сивĕ тыв ярсан кăна савăтри БИ-58 концентрат майĕпен сивĕнме тытăннă. Хăрушлăха сирсе яма пурпĕрех талăк çурă вăхăт иртнĕ.

— Вăрнарта пурăнакансен сывлăхне сиен кӳмен-и авари?

— Районти тĕп больницăран пĕлтернĕ тăрăх, икĕ хĕрарăм наркăмăшлă газпа хăйсене йывăр туйса илнĕ, врачсенчен пулăшу ыйтма пынă. Паллах, [illegible] ытларах та [illegible] селокĕнче пурăнакансене вăйлă сил çăлса хăварнă. Газсене Уйкас Кипек, Енĕш ялĕсем еппелле хăваласа кайнă.

Вăрнар поселокĕн сывлăш атмосферинче наркăмăшлă газсем нормăпа пăхниччен 80 — 114 хут ытларах килсе пулнă. Висĕ талăк хушши сирĕлсе пĕтмен. Çакна каласа хăвармалла: ĕçмелли шыва, юр синче, пĕрта та фосфамид нормăран 4 — 5 хут ытларах пулнă. Çакă вăл çынсен сывлăхне малашне те сиен кӳме пултарĕ.

— Паллах, айăплисен ответ тытма тивет пулĕ...

— Çапла. Авари хăрушсăрлăх йĕркисене сĕмсĕррĕн пăсни пула сиксе тухнă. Районти прокуратура ку тĕлĕшпе ĕç пуçарнă, следстви авари сăлтавĕсене тĕплĕн тĕпчесе пĕлес енĕпе ĕçлет.

Республикăри çутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен Государство комитечĕ 2-мĕш пехра БИ-58 препаратпа хăрушсăрлăх техникăпе пăсса ĕçлеме чарнă, хими заводĕн çутçанталăка сăтăр кӳнĕшĕн 1 млн. тенкĕ ытларах государствăна тӳлеме тивет.

Çак купсене Вăрнар райĕçтăвкомĕн ларăвĕ пулнă. Унта хими заводĕн главнăй инженерне В. И. Варенников, ПТО начальникне Г. Н. Пахоева, хăрушсăрлăх техники енĕпе ĕçлекен пай начальникне А. А. Новикова малашне хăйсен ĕç вырăнĕнче усă курасси пирки «Агрохим» госассоциацийĕ умĕнче ыйту лартнă.

А. ФИЛИППОВ çырса илнĕ.

*«Ветеран» клубра*

**Етĕрне районĕнчи тĕп библиотека çумĕнче «Ветеран» клуб ĕçлет.**

Унăн занятийĕсенче ĕçпе вăрçă ветеранĕсем куллен хи пурнăçри тăрлă темăса хускатаççĕ, усăллă канаççĕ. Юлашки занятие ĕçсем [illegible]

Спорт — Спорт

# ТĂХТАВ ХЫÇÇĂНХИ ВĂЙĂСЕМ УМĔН

СССР [illegible]

# ПĔЛТЕРӲСЕМ

**Чăваш АССР Культура министерстви тата Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕ**

Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕн балет артисчĕсене вĕрентсе хатĕрлес тĕллевпе Набережные Челны хулинчи искусствăсен училищин чăваш студине ачасене вĕренме яраççĕ.

**Çак специальноçа вĕренме кăмăллакансене январĕн 21-мĕшĕнче Чăваш государство филармонийĕнче Урицкий урамĕнчи 41-мĕш çуртра 10 сехетре суйласа илеççĕ.**

Пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсен 7 класĕнче вĕренекенсене çак конкурса хутшăнма чĕнеççĕ.

Училищĕре 4 çул та 10 уйăх вĕренмелле.

**Вĕренекенсене общежитипе пурăнма вырнаçтараççĕ.**

ГОССТРАХ

## ГРАЖДАНСЕНЕ ПĔЛСЕ ТĂМА

СССР Верховнăй Совечĕн Указĕпе килĕшӳллĕн республикăри Госстрах инспекцийĕсем граждансен хуçалăхĕсенчи обязательнăй йĕркепе страхламалли пурлăха шута илеççĕ.

**Страхламалли пурлăх шутне январĕн 1-мĕшĕччен граждансен хуçалăхĕсенче пулнă туса пĕтернĕ çурт-йĕр** (вăл шутран коллективлă садсенчи хуралтăсем) **тата килти çак выльăх-чĕрлĕх кĕрессĕ:**

**мăйракаллă шултра выльăх — 6 уйăхран иртнисем;**

лашасем — 1 çултан иртнисем.

Çурт-йĕр тата выльăх-чĕрлĕх хăйĕн хакĕн 40 процентĕ чухлĕ страхланнă шутланать.

Страховка укçине ялта пурăнакансен ял Советне, хуласенче тата поселоксенче пурăнакансен СССР Сбербанкĕн учрежденийĕсене е Госстрах агенчĕсене тата инспекторĕсене тӳлемелле.

Çавăн пекех страхователь ирĕкĕпе вăл ĕçлекен организаци (предприяти, учреждени) бухгалтерийĕ те страховка укçине ĕç укçинчен тытса юлма пултарать.

**Обязательнăй йĕркепе страхланăшăн граждансен страховка укçине октябрĕн 1-мĕшĕччен кая юлмасăр тӳлемелле.**

**Граждансем! Хăвăрăн пурлăха обязательнăй йĕркепе страхланăшăн тӳлемелли укçана вăхăтра парса татăр.**

**Государство страхованийĕн Чăваш АССРĕнчи управленийĕ.**

### ШУПАШКАРТИ ТРОЛЛЕЙБУС УПРАВЛЕНИЙĔ

**троллейбус водителĕсен курсĕсене вĕренме илет.**

Вăтам пĕлӳ илнĕ, 18 çултан асларах çамрăксене йышăнаççĕ.

Вĕсене уйăхра 85 тенкĕ стипенди тӳлеççĕ.

6 уйăх вĕренмелле.

**Занятисем январĕн 25-мĕшĕнче пуçланаççĕ.**

Троллейбус управленийĕн кадрсен пайĕнче çак адреспе ыйтса пĕлмелле: г. Чебоксары, ул. Энгельса, дом 27, телефон 21-28-91.

### «ГАРАНТ» КООПЕРАТИВ

заказчик эскизĕсем тăрăх хăйĕн материалĕсенчен металл хӳмесем, гаражсем тата хресчен хапхисем тума заказсем йышăнать.

Кооператив çавăн пекех проект - смета документацийĕ [illegible]

### ШУПАШКАРТИ ПРОКАТ КОМБИНАЧĔН ПУЛĂШУСЕН БЮРОВĔ

машинкăпа пичетлеме вĕрентекен тӳлевлĕ курссене март уйăхне йышăнать.

Кĕске вăхăтрах, пĕр-икĕ уйăх хушшинче, эсир машинкăпа хăвăрт та тĕрĕс пичетлеме, çыру ĕçĕн викĕсĕсене вĕренетĕр.

Вĕренӳшĕн 50 тенкĕ те 40 пус тӳлемелле.

**Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: г. Чебоксары, ул. Карла Маркса, дом 24, бюро услуг, телефон 22-28-95.**

### ПРЕДПРИЯТИСЕМПЕ ОРГАНИЗАЦИСЕН ЕРТӲÇИСЕНЕ ПĔЛСЕ ТĂМА!

«Чувашстрой» ТСОн «Промкомплект» производство пĕрлешĕвĕ предприятисемпе организацисенчен, колхозсемпе совхозсенчен 1990 çулта заказчик материалĕнчен арматура изделийĕсем тата металлоконструкцисем хатĕрлеме заказсем йышăнать.

Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: г. Чебоксары, ул. К. Маркса, 34.

тишкерÿ ... хăйне евĕрлĕ. Тĕпчевçĕ ыйту çине çĕнĕлле пăхать, интереслĕ тишкерÿ меле тупнă, çак тĕпчев пĕлтерĕшĕ те пысăк.

КĔНЕКЕН иккĕмĕш пайне Г. Юмарт тĕпчевçĕ чĕлхе, кĕлĕ, пил сăмахĕсене пуçтарса хатĕрленĕ. Кирек хăш халăх та сăмахăн асамлă хăватне ĕненсе пурăннă. Калăпăр, [illegible] ... сурăх-чирлĕ сăмахĕсем калана. Тахçан авал чĕлхе тата кĕлĕ сăмахĕсем пĕр-пĕринчен иртĕлме те уйрăлса тăман, вĕсем сутçанталăкри тĕрлĕ вăйсемпе хутшăнна самантсенче калакансенчен йĕркеленсе кайнă иккен. Чĕлхенçĕсем каланă тăрăх, кĕлĕ тата чĕлхе сăмахĕсем пĕр тымартанах пулса кайнă. Шăпах çак ыйтусене тишкерет, вĕсене жанр, илемлĕх, истори енчен пăхса тухать В. Родионов тĕпчевçĕ хăйĕн «Чĕлхе, кĕлĕ тата пил сăмахĕсем» статйинче.

... ри Юман, А. Милли, Г. Комиссаров, Митта Васлейĕ, П. Хусанкай тата ыттисем. Çак нумай тăва татса парас тесен, пирĕн 20—30-мĕш çулсенчи писательсен пултарулăхне тĕплĕнрех тĕпчесе, халиччен пичетленнĕ текстсене аяçырусемпе танлаштарса пăхас пулать. Тĕпчев институчĕ кăларнă «Чăваш литератури: поэтикăпа стиль» [illegible] ... ку тĕлĕшрен пĕрремĕш утăм тесен те йăнăш пулмĕ.

«ЧĂВАШ литература вĕрентĕвĕн малтанхи утăмĕсем» статьи авторĕ — В. Родионов — пире чăваш литературоведенийĕ чи малтан фольклористкăран уйрăлса тухатланни çинчен калать. Унта çав наукăна йĕркелеме пулăшнă тĕпчевçĕн — Г. Комиссаровăн — ĕçĕсене ыттисенчен тĕплĕнрех пăхса тухнă. Паллах, ку ыйтăва хускатсан, ăна тĕплĕнрех тĕпчес пулсан, Н. В. Никольский, К. П. Прокопьев тата ытти ширавçăсем çинчен калаçни кирлĕ. Çакăнпа пĕрлех тĕпчевçĕ литературоведенин ку-

... хут ... «Шевле вылять», «Атăл юрри», «Нарспи» сăввисене хушса панисем пур. Кунсăр пуçне, Г. Юмарт Çеçпĕл юбилейĕ тĕлне пухса хатĕрленĕ, аслă поэтăмăр пултарулăхне кăтартакан ĕççен кĕске библиографине кĕртнĕ.

Н [illegible] ... культурине аталанма май çимасăр, ăна хăйсе пурăнин мĕн патне илсе çитерни паян пурте лайăх куратпăр ĕнтĕ. Тинех чăваш чĕлхи те вырăс чĕлхипе танах аталанмалла, пĕр тан правалă пулмалла тетпĕр. Халăх сăмахлăхне те, литературăри манăçа тухнă ятсемпе хайлавсене те вулакан патне çитерес тесе тăрăшмалла паян.

Кĕнекесемпе тĕплĕнрех паллашас текенсем вĕсене Чăваш наука тĕпчев институтĕнче туянма пултараççĕ (кĕнеке магазинĕсенче сутлăхра пулмасть), институт почтăпа та ярса парать.

А. ТИМУКОВ.

... Сутă та, хĕвел пайăркисем те ÿкме юрамасть БИ-58 упражап савăтсем сиве, кунта вара вĕсем усă вырăнта ларнă. 7 градус сивĕре пăвнать çак концентрат. Савăтпа йна хĕллe ... тăнă. Пĕрре усă курнă пăса пăрăхсемпе илсе пынă савăтсем патне. Çак концентрат [illegible] — 90 гра-

## «Ветеран» клубра

Етĕрне районĕнчи тĕп библиотека çумĕнче «Ветеран» клуб ĕçлет.

Унăн занятийĕсенче ĕçпе вăрçă ветеранĕсем кулленхи пурнăçри тĕрлĕ темăсене хускатаççĕ, усăллă канаççĕ. Юлашки занятие вĕсем вырăс романсне халалланă. Тĕп библиотека директорĕн заместителĕ Н. Долгова музыкăра романс жанрĕ мĕнле пуçланса кайни, вăл пирĕн çĕршывра мĕнле аталанни çинчен каласа кăтартнă.

Г. МЫТИКОВ.

... Вăрнарта ... сывлăхне сиен кÿмен-и вара?

— Районти тĕп больницăран пĕлтернĕ тăрăх, икĕ хĕрарăм варкăмăшлă газпа хăйсене йывăр туйса илнĕ, врачсенчен пулăшу ыйтма пынă. Паллах, инкек ытларах та пулма пултарнă. Вăрнар поселокĕнче пурăнакансене вăй-[illegible]

... нерпе В. И. Верещагинова, ПТО начальникне Г. Н. Пархоевăна, хăрушсăрлăх техники енĕпе ĕçлекен пай начальникне А. А. Новичкова малашне хăйсен ĕç вырăнĕнче усă курасси пирки «Агрохим» госассоциацийĕ умĕнче ыйту лартнă.

А. ФИЛИППОВ,
сырса илнĕ.

Спорт ═══ Спорт

# ТĂХТАВ ХЫÇÇĂНХИ ВĂЙĂСЕМ УМĔН

СССР чемпионачĕн иккĕмĕш лигин хĕвеланăç зонинче ăмăртакан командăсен вăçĕ эрнене яхăн тăхтав пулчĕ. Январĕн 17-мĕшĕнче коллективсем каллех пăр площадкисене тухаççĕ. Çак вăйăсем умĕн командăсем турнир таблицинче çапла вырнаçса тухнă:

| | В. | С. | Н.с. | В.н. | О |
|---|---|---|---|---|---|
| Кренгольм | 36 | 25 | 4 | 7 | 54 |
| Кора | 40 | 23 | 8 | 9 | 54 |
| Сокол | 40 | 20 | 9 | 11 | 49 |
| Олимпия | 40 | 21 | 7 | 12 | 49 |
| Станкостроитель | 40 | 23 | 2 | 15 | 48 |
| Трактор | 38 | 22 | 3 | 13 | 47 |
| Кварц | 40 | 19 | 9 | 12 | 47 |
| Дизелист | 40 | 19 | 5 | 16 | 43 |
| ШВСМ (Киев) | 38 | 17 | 7 | 14 | 41 |
| СКА-2 | 40 | 13 | 10 | 17 | 36 |
| Спартак | 40 | 12 | 10 | 18 | 34 |
| Десна | 36 | 15 | 3 | 18 | 33 |
| ШВСМ (Яросл.) | 40 | 14 | 5 | 21 | 33 |
| Динамо-2 | 38 | 11 | 10 | 17 | 32 |
| Химик | 42 | 13 | 6 | 23 | 32 |
| РШСВМ «Энерго» | 40 | 11 | 9 | 20 | 31 |
| Прогресс | 40 | 12 | 4 | 24 | 26 |
| Таллэкс | 40 | 7 | 3 | 30 | 17 |

Таблицăран курăнать ĕнтĕ, иртнĕ çулхи вăйăсене Çĕнĕ Шупашкарти «Сокол» ăнăçла иртерчĕ, декабрьти матчсене лайăх выляса, виççĕмĕш вырăна тухма пултарчĕ. Унăн тапăнса вылякансем 159 шайба çапса кĕртнĕ.

«Соколăн» хальхи тĕп задачи — халиччен тунă çитĕнĕве малашнехи вăйăсенчи кăтартусемпе çирĕплетесси. Анчах, тÿрех калăпăр, ку задачăна пурнăçа кĕртме ăна çăмăл мар. Кăçалхи пĕррремĕш вăйăсене унăн хăнара иртерме тивет.

• • •

Çĕнĕ Шупашкарти «Сокол» спортклубăн 1973 çулта суралнă çамрăк хоккеистсен команди РСФСРта мала тухассишĕн иртерекен зонăри турнирăн черетлĕ турĕнче Кирово-Чепецкра «Олимпия» командăпа выляна. Шел ĕнтĕ, халиччен ăнăçлă вылянă пирĕн хоккеистсем ку хутĕнче икĕ матчĕнче те выляса янă — 3:7, 3:7. Çак вăйăсем хыççăн «Соколăн» 21 очко. Вăл пурпĕрех зонăри лидерсен шутĕнче.

• • •

Республика кубокне çĕнсе илессишĕн ачасен командăсен ăмăртăвне иртерчĕ. Турнира вуникĕ команда хутшăнчĕ. Финалта Çĕнĕ Шупашкарти «Сокол» Шупашкарти «Волга» тĕлĕ пулчĕ. «Сокол» 9:0 шутпа çĕнтерчĕ, кубок — унăн аллинче. Виççĕмĕш вырăнта — «Энергия».

В. КРЫСИН.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

... ăна ... 18 çултан аслăрах çамрăксене йышăнаççĕ.

Вĕсене уйăхра 85 тенкĕ стипенди тÿлеççĕ.

6 уйăх вĕренмелле.

Занятисем январĕн 25-мĕшĕнче пуçланаççĕ.

Троллейбус управленийĕн кадрсен пайĕнче çак адреспа ыйтса пĕлмелле: г. Чебоксары, ул. Энгельса, дом 27, телефон 21-26-91.

### «ГАРАНТ» КООПЕРАТИВ

заказчик эскизĕсем тăрăх хăйĕн материалĕпе металл хÿмесем, гаражсем тата хрессен хапхисем тума заказсем йышăнать.

Кооператив çавăн пекех, проект - смета документацийĕ туса хатĕрлесе, суртсемпе сооруженисем тума, вĕсене юсама договорсем çырса çирĕплетет.

«Гарант» кооператива çак адреспа шымалла: г. Чебоксары, ул. Чапаева, дом 14, кв. 2.

Телефонсем: 21-10-12, 20-13-61.

### ДОБРЯНКА ХУЛИНЧИ ЮСАВ-МЕХАНИКА ЗАВОЧЕ

мĕншур предприятисенчен «ЗИЛ-131» тата «ЗИЛ-157» автомобильсене, вĕсен агрегачĕсене тĕпрен юсама йышăнать.

Пирĕн адрес: 618710, г. Добрянка Пермской области, ул. Красногвардейская, 50.

### ШУПАШКАРТИ ПРОКАТ КОМБИНАЧĔН ПУЛĂШУСЕН БЮРОВĔ

икĕ çĕрте ĕçлесе траур чечекĕсем хатĕрлекенсене, вилнĕ çынна пытармалли хатĕрсем çĕлекенсене, кивви çĕвĕ машинисене юсама тата йĕркере тытса тăма вĕрентекен курссене преподавательсене чĕнет.

Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: г. Чебоксары, ул. Карла Маркса, дом 24 бюро услуг, телефон 22-28-95.

... Вĕренмешкĕн 50 тенкĕ те 40 пус тÿлемелле.

Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: г. Чебоксары, ул. Карла Маркса, дом 24, бюро услуг, телефон 22-28-95.

### ПРЕДПРИЯТИСЕМПЕ ОРГАНИЗАЦИСЕН РУ[illegible] ТĂМА!

«Чувашстрой» ТСО «Промкомплект» производство пĕрлешĕвĕ предприятисемпе организацисенчен, колхозсемпе совхозсенчен 1990 çулта заказчик материалĕнчен арматура изделийĕсем тата металлоконструкцисем хатĕрлеме заказсем йышăнать.

Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: г. Чебоксары, ул. К. Маркса, 34.

Телефонсем: 22-07-55, 22-25-18.

### ШУПАШКАР РАЙОНĔНЧИ ЮСАВ-ТЕХНИКА ПРЕДПРИЯТИЙĔ

предприятисемпе организацисенчен, колхозсемпе совхозсенчен, уйрăм граждансенчен хăйĕн тата заказчик материалĕнчен металлоизделисем хатĕрлеме заказсем йышăнать.

Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: пос. Кугеси, ул. Механизаторов, 13, тел. 2-18-75.

### ЧĂВАШ РЕСПУБЛИКИНЧИ ГЕОЛОГИ РАЗВЕДКИН ПАРТИЙĔ

сад коллективĕсенчен шыв скважинисем пăралама тата вĕсене юсама заявкăсем йышăнать. Заказчиксенчен пăрăхсем, фильтрсем тата проектсем ыйтмаççĕ. Заявкăсене договор тунă хыççăн 1—3 уйăхран пурнăçлаççĕ.

Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: пос. Кугеси, ул. Калинина, дом 10.

Телефонсем: 2-24-84, 2-22-76.

═══ *Госстрах сĕнет* ═══

# ÇĔНĔ ЙĔРКЕПЕ

**Государство страхованийĕн ĕçĕнче çĕнĕ тариф ставкисемпе усă курма тытăннă, теççĕ. Çакăн çинчен хаçатра ăнлантарса парăйăр-ши!**

**(Редакцие килнĕ çыруран).**

Уйрăм çынсене страхламалли условисене тата договор тăвакансен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине лайăхлатас, страховани суммине тÿлессине хăвăртлатас тĕллевпе, 1989 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕнче пуçласа, вĕсене тÿлемелли йĕркене улăштарнă. Халĕ Госстрах органĕсен сусăрланнине вăл е ку орган аманнине кура мар, сиплевпе профилактика учрежденийĕсем панă справка тăрăх çирĕплетеççĕ. Çавăнпа пĕрлех страховани суммине тÿлес ыйтăва татса панă чухне ытларах çăмăллăхсем парăртнă, страховани суммине ÿстернĕ. Сусăрланнишĕн тата ытти сăлтавсемпе тÿлеме кирлĕ документсене ансатлатнă.

Страховани договорĕсем енĕпе Госстрах органĕсен ответлăхне пысăклатни страховани суммин калăпăшне ÿстерме май панă. Тĕслĕхрен, пĕлтĕр, 1988 çулпа танлаштарсан, çав сумма 2 хута яхăн ытларах пулнă.

Страховани йĕркипе тÿлемелли перечене 1986 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче çирĕплетнĕ, инкек-синкекрен уйрăммăн страхламалли тарифсемпе пăхман травмăсене те кĕртнĕ. Çавна пула страховани суммине те малтанхинчен ытларах тÿлеме тивет. Страховани валли укçа-тенкĕ фончĕ çителĕклĕ пултăр тесе, çĕнĕ тариф ставкисем хатĕрленĕ: 100 тенкĕлĕх страховани суммишĕн — 25, 40, 70 пус, 1 тенкĕ те 20 пус, 2 тенкĕ.

Еслемен пенсионерсемпе тата II, III группăри инвалидсемпе инкек-синкек пуласран договорсем тунă чухне 25 пус ставкăпа усă кураççĕ. Вĕренекенсемпе, студентсемпе, килте ларакан хĕрарăмсемпе, служащисемпе, инженерсемпе, техника работникĕсемпе тата сусăрланас хăрушлăх сахалрах çĕрте, производствăпа тÿрремĕнех çыхăнман ĕçре ĕçлекен ытти граждансемпе 100 тенкĕлĕх страховани суммишĕн 40 пус ставка çирĕплетнĕ.

Инкек-синкек пулас хăрушлăх уйрăмах пысăк, сиенлĕ тата хăрушă ĕç условийĕсемпе çыхăннă çынсемпе (крановщиксемпе, стропальщиксемпе, монтажниксемпе тата ытти те), унччченхи пекех, 1 тенкĕ те 20 пус ставкăпа усă кураççĕ.

70 пус ставка вара — производство процесĕнче, ялхуçалăхĕнче ĕçлекен, транспорт хатĕрĕсене тытса пыракан граждансемпе çав çыннисем валли. Унччен вĕсен тарифĕ 50 тата 80 пус пулнă.

Уйрăм спортсменсемпе (кĕрешекенсемпе, акробатсемпе, штангистсемпе тата ытти те) договор тунă чухне 100 тенкелĕх страховани суммишĕн 2 тенкĕ ставкăпа усă кураççĕ.

Çĕнĕ тариф ставкисем 1989 çулхи ноябрĕн 1-мĕшĕнче вăя кĕнĕ.

И. МИХАЙЛОВ,
Чăваш АССР Госстрах управленийĕн начальникĕн заместителĕ.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, кăштах юр çăвать, лăпкă тăман вĕçтерет. Çил кăнтăртан çеккунтра 7—12 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 5—10, Шупашкарта 6—8 градус сивĕ пулать.

Паян кун тăршшĕ 7 сехет те 41 минут. Хĕвел 16 сехет те 31 минутра анать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ЮНКУН.
ЯНВАРЕН 17-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Дубровский», 4 серийлă илемлĕ телефильм. 2 тата 3 серисем.
10.45 — Çĕр çинчи ачасем мĕн çинчен юрлаççĕ.
11.45 — Мультфильм.
11.55 — Халăх творчествин «Радуга» телепрограммисен Пĕтĕм тĕнчери VIII фестивалĕ. (Швейцари).
12.30 — Вăхăт.
15.30 — «Арена чудес». Цирк.
16.20 — Документлă телефильмсем.
16.50 — Телеочерк.
17.25 — Ача - пăча сехечĕ (анăлчанла).
18.25 — Коллаж.
18.30 — Вăхăт.
19.00 — Прогресс. Информаци. Реклама.
19.30 — Мультфильм.
19.50 — «Дубровский». Тăватă серийлĕ илемлĕ телефильм. 2 сери.
21.00 — Вăхăт.
21.30 — Çивĕч ыйтупа илнĕ интервью.
21.40 — «Сын тата закон». Право пĕлĕвĕсем паракан видеоканал.
22.50 — «Холода, холода». Эстрада программи.
23.15 — Пирĕн парăмсем. 2-мĕш передача — «Дорога к Палеху».
23.45 — ТСН.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — Наукăллă - популярлă фильм.
8.35 — 11.05 — Вĕренÿ передачисем.
11.05 — Наукăллă - популярлă фильм.
11.35 — Вĕренÿ передачи.
12.05 — «Старый новый год». Илемлĕ телефильм. 2 сери.
13.10 — Документлă фильм.
13.30 — «Благочестивая Марта». 2 сери.
14.40 — «Спасти и сохранить». Фильм-концерт.
17.45 — Республика кунĕ (Шуп.).
17.55 — Пултарулăх сулĕ. «Ячĕсем манăсман». (Шуп.).
18.30 — Вăхăт (сурдокуçарупа).
19.00 — «Ан ватăл, ялăм» (Шуп.).
19.35 — Республика кунĕ (Шуп.).
19.45 — Г. Свиридов романсĕсене РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ П. Заломнов юрлать (Шуп.).
20.10 — Ырă кăç пултăр, ачасем!
20.25 — Баскетбол. Р. Корач кубокĕ. Арçынсем. «Босна» (Югослави) — ЦСКА. Югославирен.
21.00 — Концерт.
21.10 — Документлă телефильм.
21.30 — «Моя жизнь». Илемлĕ телефильм. 1 сери.
22.35 — Телевиденин музыка абонеменчĕ. 3-мĕш передача. Ленинград калалли.

## РАДИО

ЮНКУН.
ЯНВАРĔН 17-МĔШĔ

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар сыннисем валли. 6.30 — «Позици». Информаципе публицистика программи. Кăларăмра — Чăваш АССР халăх депутачĕн кандидачĕпе, ЧГУ преподавателĕпе В. Д. Данилловпа иртернĕ калаçу. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 7.25 — 7.30 — Пĕлтерÿсем. 16.30 — 17.30 — «Ритмы планеты» (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — 1989 çулхи юрăсем. 18.30 — Республика хыпарĕсем. 18.40 — 19.45 — Мускав передачисем. 19.45 — 20.45 — Çамрăксем валли «Араскал».

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 17-мĕшĕнче «Касар мана» драма премьери, январĕн 18-мĕшĕнче «Саламли» пьеса.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 17-мĕшĕнче «Черная роза — эмблема печали, красная роза — эмблема любви...» сочинени, январĕн 18-мĕшĕнче «Женский стол в «Охотничьем зале».

ЧĂВАШ ÇАМРĂКСЕН ТЕАТРĔ — январĕн 21-мĕшĕнче «Таркăн» мыскараллă инкек премьери, январĕн 22-мĕшĕнче «Юратма пĕлекенсем телейлĕ» лирикăллă драма премьери.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 18-мĕшĕнче «Трубадур» опера, январĕн 19-мĕшĕнче «Порги и Бесс» балет.

Каçхи спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Смиренное кладбище» — 13.00. Хĕрлĕ зал: «Месть и закон» — 9.00, 12.00, 15.00, 20.10; «Дайте мужа Анне Дзаккео» («Утраченные грезы») — 18.00. Кинозал: «Приключения Квентина Дорварда, стрелка королевской гвардии» — 15.45, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — сборник мультфильмов — 9.00; «Однажды в Америке» — 10.15, 14.30, 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Брак с выходными днями» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Полет навигатора» — 10.30, 12.30, 14.30, 16.30, 18.30, 20.30. Пĕчĕк зал: «Полет навигатора» — 10.00, 14.00, 18.00; «Жизнь по лимиту» — 18.00; «Игла» — 12.00, 20.00.

«МИР» — «Полет навигатора» — 10.00, 14.00, 18.30; «На помощь, братцы!» — 9.00; «Женина династия» — 12.15, 16.00, 20.30.

«СОКОЛ» — «Наваждение» — 10.00, 12.30, 14.30, 16.20, 18.15, 20.00.

«ЛУЧ» — «Смех и горе у Бела моря» — 14.00; «Проводник» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Однажды в Америке» — 17.30.

«САЛЮТ» КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Убегающий август» — 18.00, 20.00.

ПИРĔН АДРЕС:
428019, г. ЧЕБОКСАРЫ,
пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13.
ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерÿсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 33013.

Индекс газеты — 54600. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 238.